ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1956 çул
Март
14
ЮНКУН
№ 53 (9732)
Хакĕ 20 пус
39-мĕш çул тухать.

П А Я Н Х И   Н О М Е Р Т Е:



*КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Советĕнче*

## Обществăлла апатлану предприятийĕсен ĕçне лайăхлатмалли мероприятисем çинчен

КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ çакна палăртнă: çĕршывра обществăлла апатлану ĕçне организацилес тĕлĕшпе пысăк çитменлĕхсем пур; çак çитменлĕхсем вĕсем столовăйсенче, ресторансенче, чайнăйсенче, буфетсенче тата закусочнăйсенче халăх ыйтăвĕсене тивĕçтерес ĕçе малалла лайăхлатма тата потребительсен йышне пысăклатма чăрмантараççĕ. Обществăлла апатлану предприятийĕсен шучĕ халăх ыйтăвĕсенчен юлса пырать. Пур çĕрте те пекех, хуласенче, рабочи поселоксенче тата ялсенче столовăйсем, чайнăйсем, кафесем тата закусочнăйсем çитмеççĕ. Промышленность предприятийĕсемпе шкулсем çумĕнче столовăйсемпе буфетсем сахал. Чылай обществăлла апатлану предприятийĕсенче, уйрăмах столовăйсенче йышлăн апатланма майсем çук, çакă вăл чăрмавсем патне илсе пырать. Тĕслĕхрен, Минскри автомобиль завочĕн, Пушкăрт АССР-ĕнчи «Аксаковнефть» нефть промыслин управленийĕн ОРС столовăйĕсенче апатланмалли вырăнсем ытла та çитеймеççĕ. Нумай аслă шкулсемпе техникумсенчи столовăйсенче вырăнсем çитмеççĕ.

Хăшпĕр промышленность предприятийĕсенче тата чылай аслă шкулсенче — Мускаври сехетсем тăвакан 3-мĕш заводра, Вильнюсри Дзержинский ячĕпе тăракан табак фабрикинче, Харьковри инженерипе экономика институтĕнче, Одессăри гидрометеорологи институтĕнче, государствăн Иркутскри университетĕнче тата ытти çĕрте те столовăйсем пачах çук; халăх нумай пурăнакан чылай рабочи поселоксенче, тĕслĕхрен, Северный поселокра (Сталинград хули, Рабочая слободка тата Буденовски поселоксенче (Омск хули) столовăйсем çук.

Нумай столовăйсенче ялан пĕр йышши апат хатĕрлеççĕ, апат тутлă мар, унăн пахалăхĕ начар. Столовăйсенче савăт-сапа, приборсем, тивĕçлĕ технологи оборудованийĕ çитеймеççĕ. Пахча çимĕçрен, çĕрулмирен, аш-какайран, пулăран тата ытти продуктсенчен апат хатĕрленĕ чухне алă вĕççĕн ытларах ĕçлеççĕ, çавна пула ку ĕçе тунă çĕрте нумай работниксем ĕçлеççĕ. Обществăлла апатлану предприятийĕсенче ĕçе механизацилессине питĕ çителĕксĕр пурнăçласа пыраççĕ. Обществăлла апатлану предприятийĕсен тавар саврăнăшĕнче кухньăра хатĕрленĕ продукци удельнăй виçи çителĕксĕр.

Нумай обществăлла апатлану предприятийĕсенче потребительсен ыйтăвĕсене начар тивĕçтереççĕ, çавăн пирки рабочисем, служащисем тата вĕренекенсем кăнтăрлахи, ирхи тата каçхи апат çиме вăхăт нумай иртереççĕ.

Потребительсен ыйтăвĕсене тивĕçтермелли çĕнĕ, прогрессивлă меслетсене вăраххăн ĕçе кĕртсе пыраççĕ. Потребительсем апат-çимĕçе хăйсем тĕллĕнех илсе апатланмалли йĕрке тусан, потребительсен ыйтăвĕсене тивĕçтерме вăхăт сахалтарах кирлĕ, ун пек чухне обществăлла апатлану предприятийĕсенче çынсем ытларах апатланма пултараççĕ. Анчах чылай работниксем çак пахă формăна тивĕçлипе хакламаççĕ. Чылай суту-илӳ организацийĕсем, обществăлла апатлану предприятийĕсен, промышленность предприятийĕсен тата профсоюз организацийĕсен руководителĕсем тĕрĕс мар шутлаççĕ: вĕсем столовăйсенче официантсăр тытса халăха апатлантарни потребительсем апат-çимĕçе хăйсем тĕллĕнех илсе апатланнинчен культурăллăрах пулать, теççĕ. Совет тата парти органĕсем обществăлла апатлану предприятисен ĕçне начар хутшăнаççĕ, вал юлнă çавăн пек шухăш-кăмăлсемпе хирĕç кĕрешмеççĕ.

1955 çул вĕçленнĕ тĕле хуласенчи столовăйсенчен 20 процентне, ялсенчи столовăйсемпе чайнăйсенчен 16 процентне кăна потребительсем апат-çимĕçе хăйсем илсе апатланмалли йĕрке тунă. Уйрăмах Белорус ССР-ĕнчи, Азербайджан ССР-ĕнчи тата СССР Сĕт кăмрăк промышленность министерствин, СССР Электростанцисен министерствин тата СССР Тĕслĕ металлурги министерствин ОРС-ĕсен обществăлла апатлану предприятийĕсенче потребительсем апат-çимĕçе хăйсем илсе апатланмалли йĕркене вăраххăн ĕçе кĕртсе пыраççĕ. Хăшпĕр заводсемпе фабрикăсенчи столовăйсене тивĕçлипе хатĕрлесе çитермесĕрех потребительсем апат-çимĕçе хăйсем илсе апатланмалли йĕрке тăваççĕ.

Обществăлла апатлану предприятийĕсенче, — ку предприятисем сахал пулнă чухне апата киле парса яни пысăк вырăн йышăнать пулин те, — çынсене ирхи, кăнтăрлахи, каçхи апат киле парса ярассине начар йĕркеленĕ. Столовăйсенче, кафесенче, чайнăйсенче тата закусочнăйсенче сĕтелсен çиелтти валли пусма тавар нумай расходлаççĕ, апла пулин те апатланмалли залсенчи сĕтелсем çинче тивĕçлĕ таслăх çук. Çав вăхăтрах гигиена тĕлĕшĕнчен лайăх материалсемпе (пластик, мрамор, хулăм кĕленче, ятарласа хатĕрленĕ лакпа витнĕ фанера тата ыттисем) витнĕ сĕтелсемпе çителĕксĕр усă кураççĕ, вĕсемпе усă курсан пусма таварсăр тунă çиелттисем кирлĕ мар.

Обществăлла апатлану ĕçне начар йĕркеленĕ пулин те, СССР Суту-илӳ министерстви, Центросоюз тата вĕсен вырăнти органĕсем ку пысăк ĕç çине тивĕçлипе пăхмаççĕ, обществăлла апатлану ĕçĕнчи пысăк çитменлĕхсене вăраххăн пĕтерсе пыраççĕ.

Профсоюзсен республикăсенчи, крайсенчи тата облаçсенчи Совечĕсем, профсоюзсен центрĕсем, заводсемпе фабрикăсенчи тата вырăнти комитечĕсем обществăлла апатлану предприятийĕсен ĕçне тĕплĕн хутшăнмаççĕ, вĕсен ĕçĕнчи çитменлĕхсемпе килĕшсе тăраççĕ, столовăйсен, чайнăйсен, кафесен, закусочнăйсен тата буфетсен ĕçне общественность енчен тĕрĕслесе тăрассине япăх организацилеççĕ.

Союзлă республикăсенчи Коммунистсен партийĕсен Центральнăй Комитечĕсем, парти крайкомĕсем, обкомĕсем, хула комитечĕсем, райкомĕсем тата пуçламăш парторганизацисем, республикăсен Министрĕсен Совечĕсем, крайисполкомсем, облисполкомсем, хула Совет исполкомĕсем тата райисполкомсем обществăлла апатлану ĕçĕпе сахал интересленеççĕ, столовăйсен, чайнăйсен, кафесен, закусочнăйсен ĕçĕнчи пысăк йĕркесĕрлĕхсемпе килĕшеççĕ, ĕççыннисен обществăлла апатланăвне лайăхрах йĕркелеме тивĕçлĕ мерăсем йышăнмаççĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ çапла шутлаççĕ: çĕршывра обществăлла апатлану ĕçне вăйлатса лайăхлатни политикăпа халăх хуçалăхĕ тĕлĕшĕнчи питĕ кирлĕ задачăна — совет çыннисен пурнăçпа йăла условийĕсене лайăхлатас задачăна — татса парас ĕçре пысăк вырăн йышăнса тăрать. Обществăлла апатлану ĕççыннисен йăлине социализмла йĕркесем çинче урăхлатса çĕнетме тата хĕрарăмсене килти пĕчĕк хуçалăх ĕçрен хăтарма пулăшать. Парти, совет тата профсоюз органĕсен, суту-илӳ тата хуçалăх организацийĕсемпе предприятийĕсен руководителĕсен обязанноçĕ çакăнта пулать: обществăлла апатлану ĕçĕнче кĕске срокрах тивĕçлĕ йĕрке тумалла, унăн аталанăвĕ юлса пынине пĕтермелле, апат-çимĕç пахалăхне татăклăн лайăхлатмалла тата обществăлла апатлану предприятийĕсенче ĕççыннисен ыйтăвĕсене тивĕçтерес ĕç культурине нумай ӳстермелле.

КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ çапла йышăннă:

1. Союзлă республикăсенчи Коммунистсен партийĕсен Центральнăй Комитечĕсене, КПСС крайкомĕсене, обкомĕсене, хула комитечĕсене тата райкомĕсене, республикăсен Министрĕсен Совечĕсене, крайисполкомсене, облисполкомсене, хула Совет исполкомĕсене тата райисполкомсене, СССР Суту-илӳ министерствине, Центросоюза, министерствăсемпе ведомствăсене тата вĕсен вырăнти органĕсене çапла тума хушас: обществăлла апатлану предприятийĕсен ĕçĕнчи пысăк çитменлĕхсене пĕтерме тата çак предприятисенче халăх ыйтăвĕсене тивĕçтерес ĕçе чылай лайăхлатма практикăлла мерăсем йышăнмалла.

2. СССР Госпланне, союзлă республикăсен Министрĕсен Совечĕсене, СССР Суту-илӳ министерствине тата Центросоюза çапла тума хушас: халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план проектĕнче союзлă республикăсенчи обществăлла апатлану предприятийĕсен шутне ӳстерме палăртмалла, çапла вара промышленность предприятийĕсем, МТС-сем, совхозсем, шкулсем çумĕнче çĕнĕ столовăйсем тумалла тата хальхи столовăйсене пысăклатмалла, çавăн пекех хуласемпе рабочи поселоксенче пурте çӳреме пултаракан çĕнĕ столовăйсем тумалла, ку ĕçре, пуринчен малтан, пурăнмалли çĕнĕ çуртсен пĕрремĕш хучĕсемпе усă курмалла.

3. Союзлă республикăсен Министрĕсен Совечĕсене, СССР Суту-илӳ министерствине, Центросоюза, çавăн пекех обществăлла апатлану предприятийĕсем тытакан министерствăсемпе ведомствăсене çапла тума хушас:

а) 1956 çулта, тĕпрен илсен, мĕнпур столовăйсенче, кафесенче, чайнăйсенче, закусочнăйсенче тата буфетсенче апат-çимĕçе потребительсем хăйсем илсе апатланмалли йĕрке тумалла, çакна май çуртсене майлаштарас тата вĕсене кирлĕ оборудованипе инвентарь уйăрса парас тĕлĕшпе кирлĕ ĕçсене тумалла.

Столовăйсенче рабочисене, служащисене тата вĕренекенсене ирхи, кăнтăрлахи тата каçхи апатсем валли абонементсемпе чексем малтанах сутассине анлă организацилемелле, çавăн пекех сутакансемсĕр ĕçлекен буфетсем тумалла;

б) 1956 çулта мĕнпур закусочнăйсенче, чайнăйсенче, кафесенче тата буфетсенче, 1956—1957 çулсенче мĕнпур столовăйсенче гигиена тĕлĕшĕнчен паха материалсем витнĕ сĕтелсем лартмалла;

в) кăнтăрлахи, ирхи тата каçхи апат киле парса ярассине мĕнпур майсемпе сарса ымалла, 1956 çулта çавăн пек апатсем сутассине, 1955 çулхипе танлаштарсан, виçĕ хутран кая мар ӳстермелле, ку тĕлĕшпе обществăлла апатлану предприятийĕсене вĕри апат-çимĕçе киле парса яма кирлĕ пек майлаштарас тата çав предприятисен шутне ӳстерес тĕлĕшпе тивĕçлĕ ĕçсем туса ирттермелле;

г) обществăлла апатлану предприятийĕсене кирлĕ технологи оборудованийĕпе — çĕрулми тасатмалли, пахча çимĕç турамалли хатĕрсемпе, механически мясорубкăсемпе, хырмалли, чуста çăрмалли, савăт-сапа çумалли тата ытти машинăсемпе, çавăн пекех стандартлă простой инвентарьпе тата оборудованипе пуянлатассине лайăхлатас тĕлĕшпе мерăсем йышăнмалла;

д) курссенче, бригадăсенче тата уйрăммăн вĕрентсе обществăлла апатлану ĕçĕ валли поварсем, техник-технологсем тата ытти кулинари работникĕсем хатĕрлессине вăйлатма тата лайăхлатма тивĕçлĕ мерăсем йышăнмалла, çак ĕçе вĕренме вăтам шкултан вĕренсе тухнă çынсене ытларах хутшăнтармалла;

е) обществăлла апатлану предприятийĕсем санитари требованийĕсене пĕтĕмпех тивĕçтерччĕр тесе, вĕсене санитари тĕлĕшĕнчен таса тытассине лайăхлатмалла; столовăйсене, чайнăйсене, буфетсене тата вĕсен хушма сурчĕсемпе склад сурчĕсене юсамалла тата вĕсене кирлĕ ĕç хатĕрĕсем лартмалла (вĕри шыв турттарасси, вентиляци, душевойсем, умывальниксем, тултир хырмалли пӳлĕмсем, топкăсем тăвасси).

Заводсен, фабрикăсен, МТС-сен, совхозсен тата ытти предприятисен директорĕсен хăйсен предприятийĕсенчи работниксем валли капитальнăй строительство тата юсав ĕçĕсем тума уйăрнă укçа-тенкĕпе, предприяти работникĕсен культурăпа йăла условийĕсене лайăхлатмалли тата производствăна анлăлатмалли фондĕнчи укçа-тенкĕпе столовăйсемпе буфетсем тумалла, вĕсен строительствине сарса ымалла, юсав ĕçĕсем тумалла тата вĕсем валли оборудовани памалла, çавăн пекех çав ĕçсем валли кирлĕ материалсем уйăрмалла.

4. Çапла тăвас: промышленность предприятийĕсем, МТС-сем, совхозсем, шкулсем тумалли е вĕсене пысăклатмалли проектсенче, чăнипе мĕн чухлĕ кирлине кура, столовăйсемпе буфетсем çĕнĕрен тума е киввисене пысăклатма палăртмалла.

5. Союзлă республикăсен Министрĕсен Совечĕсене çапла тума хушас: обществăлла апатланăвăн çĕнĕ предприятийĕсене тума тата кивисене пысăклатма, вĕсем валли оборудовани илме союзлă республикăн государство бюджетне пурнăçланă чухне çĕнĕрен туиса палăртнă тата илнĕ тупăшсен шутĕнчен укçа-тенкĕ уйăрса памалла.

6. Обществăлла апатлану предприятийĕсене кучухнеки оборудовани парса тăмалла тăвас тĕллевпе СССР Машиностроени министерствине СССР Суту-илӳ министерствине 1956—1957 çулсенче çав предприятисем валли пысăк тухăçлă, лайăхрах та лайăх оборудовани, механизмсем тата автоматсем туса кăларма ытарма хушас, закусочнăйсене напитоксем туса хатĕрлемелли тата сутмалли автоматсем (ытти çĕршывсенчи чи лайăх автоматсене шута илсе) массăллăн туса кăларасси çине уйрăмах тимлĕн пăхмалла.

7. Вырăнти партипе совет органĕсене, суту-илӳ организацийĕсен, заводсен, фабрикăсен, стройкăсен, совхозсен, МТС-сен, шкулсен тата ытти организацисемпе предприятисен руководителĕсене çапла тума хушас: обществăлла апатланăва лайăхлатас тĕлĕшпе кулленхи ĕçлемелле; апат пахалăхне лайăхлатмалла, тĕрлĕ йышши апат, уйрăммăн пăтсем, сĕтрен, пахча çимĕçсенчен тата пулăран апат нумайрах хатĕрлемелле; диетăлла апатланăва тата шкул ачисен апатланăвне лайăхлатмалла, тасалăхшăн, ĕçри культурăна ӳстерессишĕн, ĕççыннисен ыйтăвĕсене тивĕçтерес тĕлĕшпе столовăй работникĕсен тимлĕхне ӳстерессишĕн тăрăшас пулать.

Столовăйсене продуктсем вăхăтра парса тăмалла тата унта тĕрлĕ йышши апат хатĕрлеме кирлĕ продуктсен запасĕ тумалла.

8. СССР Сывлăх министерствине, СССР Суту-илӳ министерствине, Центросоюза, министерствăсемпе ведомствăсен Главурсĕсене тата вĕсен вырăнти организацийĕсене обществăлла апатлану предприятийĕсене санитари тĕлĕшĕнчен таса тытассине тĕрĕслес ĕçе вăйлатма тата санитарипе гигиена правилисене пăсакан çынсене çирĕп ответ тыттарма хушас.

9. Союзлă республикăсенчи компартисен Центральнăй Комитечĕсене, парти крайкомĕсене, обкомĕсене, хула комитечĕсене тата райкомĕсене, союзлă республикăсен Министрĕсен Совечĕсене, крайисполкомсене, облисполкомсене, хула Совет исполкомĕсене, райисполкомсене обществăлла апатлану предприятийĕсен ĕçне тăтăшах тĕрĕслесе тăма, çак предприятисене квалификациллĕ кадрсемпе çирĕплетме тата ĕççыннисен ыйтăвĕсене тивĕçтерес тĕлĕшпе прогрессивлăрах меслетсемпе усă курассине ĕçе кĕртсе пыма суту-илӳ предприятийĕсене пулăшса пыма хушас.

10. Вырăнти парти, совет тата профсоюз органĕсене обществăлла апатлану ĕçĕ мĕнле пулса пыни çинчен сӳтсе явма тата çак постановленипе килĕшӳллĕн столовăйсен, чайнăйсен, закусочнăйсен, кафесен, буфетсен ĕçне лайăхлатма мерăсем йышăнма сĕнес.

11. Союзлă республикăсен Министрĕсен Совечĕсене, СССР Суту-илӳ министерствине тата Центросоюза çак постановлени пурнăçлас ĕç мĕнле пулса пыни çинчен 1956 çулхи сентябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне СССР Министрĕсен Советне доклад тăратма хушас.

* * *

КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ çапла шутлаççĕ: обществăлла апатлану ĕçĕнчи пысăк çитменлĕхсене столовăйсен, чайнăйсен, закусочнăйсен, буфетсен ĕçне общественность енĕпе тĕрĕслесе тăма служащисем, вĕренекенсем, килхуçи хĕрарăмĕсем кулленхи ытларах хутшăннипе, вĕсем çак ĕçе профсоюзсен обществăлла контролерĕсем, потребкооперацин столовăй тата лавочнăй комиссийĕсем тата ĕççынни депутачĕсен вырăнти Совечĕсен ялан комиссийĕсем урлă туса пынипе хăвăртрах пĕтерме пулать.

Обществăлла контролĕн суту-илӳри культурăлăха вăйлатассишĕн, ĕççыннисен ыйтăвĕсене тивĕçтерес ĕçри çитменлĕхсене пĕтерессишĕн, апат-çимĕç пахалăхне лайăхлатассишĕн, унăн хакне йӳнетессишĕн тата столовăйсен ĕçне лайăх организацилессишĕн ытларах кĕрешмелле.

ВЦСПС, профсоюзсен Центральнăй Комитечĕсемпе совечĕсен суту-илӳ тата обществăлла апатлану предприятийĕсене общественность енчен тĕрĕслесе тăрас тĕлĕшпе профсоюз организацийĕсен ĕçне вăйлатма мерăсем йышăнмалла.

Обществăлла апатлану предприятийĕсен руководителĕсен рабочисемпе служащисен пухăвĕсенче, çавăн пекех профсоюз комитечĕсен ларăвĕсенче столовăйсем, буфетсем, чайнăйсем, закусочнăйсем ĕççыннисен ыйтăвĕсене тивĕçтерес тĕлĕшпе тăвакан ĕçсем çинчен тата обществăлла контроль органĕсен сĕнĕвĕсене пурнăçлани çинчен тăтăшах отчетсем туса памалла.

Обществăлла апатлану предприятийĕсенчи ĕççыннисен нушисем çине çиелтен пăхакан работниксене рабочисемпе служащисен пĕрлехи пухăвĕсем общественность енĕпе хистемелле, кирлех пулсан çавăн пек работниксене вырăнтан кăларасси тата вĕсене ответ тыттарасси çинчен суту-илӳ организацийĕсен руководителĕсемпе ĕççынни депутачĕсен вырăнти Совечĕсен исполкомĕсем умне ыйту лартмалла.

Советпа хуçалăх органĕсен, суту-илӳ организацийĕсен руководителĕсен обществăлла контроль органĕсем паракан сĕнӳсене вăхăтра пăхса тухмалла тата вĕсем тăрăх тивĕçлĕ мерăсем йышăнмалла.

Республикăсен Министрĕсен Совечĕсен, крайисполкомсен, облисполкомсен, хула Совет исполкомĕсен, райисполкомсен, СССР Суту-илӳ министерствин, министерствăсемпе ведомствăсен Главурçĕсен, Центросоюзăн тата вĕсен вырăнти органĕсен палăртнă çитменлĕхсемпе суту-илӳ йĕркине пăснă фактсене пĕтерме мерăсем йышăнман суту-илӳ предприятийĕсен руководителĕсене çирĕп ответ тыттармалла.

Союзлă республикăсенчи компартисен Центральнăй Комитечĕсен, парти крайкомĕсен, обкомĕсен, хула комитечĕсен, райкомĕсен тата пуçламăш парторганизацисен профсоюз Совечĕсене, профсоюзсен облаçри, районти, фабрикăсенчи, заводсенчи тата вырăнти комитечĕсене, потребкооперацин обществăлла контроль органĕсене обществăлла апатлану предприятийĕсен ĕçне тĕрĕслессине организацилеме тата тĕрĕслесе тăрассине пурнăçласа пыма тивĕçлĕ пулăшу памалла.

КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ, пирĕн çĕршывра обществăлла апатлану ĕçне вăйлатса тата лайăхлатса пыни халăх пурнăçĕн шайне çӳлерех хăпартас ĕçре пысăк вырăн йышăнса тăнине шута илсе, мĕнпур парти, совет, профсоюз тата хуçалăх органĕсене обществăлла апатлану пĕлтерĕшне хакламаннине пĕтерме, çак ĕç çине кулленхи тимлĕн пăхма тата çитес çывăх вăхăтра халăх ыйтăвне тивĕçтерессине тĕпренех лайăхлатма хушаççĕ.

## Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе ССР Союзĕн Министрĕсен Советĕнчен

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ тĕнчери коммунизм юхăмĕпе рабочи юхăмĕн паллăран та паллă деятелĕ, Польша халăхĕн аслă ывăлĕ, Польшăри Рабочисен пĕрлешнĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕн пĕрремĕш секретарĕ Болеслав Берут йывăр чирленĕ хыççăн (инфаркт миокарда) мартăн 12-мĕшĕнче 23 сехет те 35 минутра Мускавра вилни çинчен чĕререн хурланса пĕлтереççĕ.

СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН ЦЕНТРАЛЬНĂЙ КОМИТЕЧĔ.

ССР СОЮЗĔН МИНИСТРĔСЕН СОВЕЧĔ.

### *Польшăри Рабочисен пĕрлешнĕ партийĕн Центральнăй Комитетне*
### *Польша Халăх Республикин Министрĕсен Советне*
### *Польша Халăх Республикин Государство Советне.*

Хаклă туссем! Совет Союзĕнчи Коммунистсен Партийĕн Центральнăй Комитечĕ, СССР Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕ Польшăри Рабочисен пĕрлешнĕ партийĕн пĕрремĕш секретарĕ Болеслав Берут юлташ — Польша халăхĕн аслă ывăлĕ, тĕнчери коммунизм юхăмĕпе рабочи юхăмĕн паллăран та паллă деятелĕ вилнĕ май хăйсем Польшăри Рабочисен пĕрлешнĕ партийĕпе, Польша правительствипе тата халăхĕпе пĕрле чĕререн хурланни çинчен пĕлтереççĕ.

Болеслав Берут вилни вăл — Польша халăхĕшĕн, Совет Союзĕнчи халăхсемшĕн, социализмла çĕршывсен пĕрлехи аслă ĕçĕшĕн, пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисемшĕн йывăр сухату. Берут юлташ вилнипе Польшăри Рабочисен пĕрлешнĕ партийĕ пĕтĕм Польша халăхĕ хăйсен тĕрĕсленнĕ руководительне тата коммунизм тăвассишĕн пыракан кĕрешӳ организаторне çухатрĕç.

Болеслав Берутăн мухтавлă пурнăçĕпе ĕçĕсем коммунизм идейисен çĕнтерĕвĕшĕн пыракан кĕрешӳре хавхалантаракан тĕслĕх пулса тăрĕç. Çак идейăсен çĕнтерĕвĕшĕн пыракан ĕçе Берут юлташ хăйĕн пĕтĕм вăй-халне пачĕ.

СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН ЦЕНТРАЛЬНĂЙ КОМИТЕЧĔ

СССР МИНИСТРĔСЕН СОВЕЧĔ

СССР ВЕРХОВНĂЙ СОВЕТ ПРЕЗИДИУМĔ

## БОЛЕСЛАВ БЕРУТ

Йывăр чирлесе выртнă хыççăн мартăн 12-мĕшĕнче Болеслав Берут — Польшăри Рабочисен пĕрлешнĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕн пĕрремĕш секретарĕ, Польша халăхĕн аслă ывăлĕ, социализмла Польша тăвас ĕçĕн талантлă организаторĕ, Совет Союзĕн шанчăклă тусĕ, пĕтĕм тĕнчери коммунизм юхăмĕпе рабочи юхăмĕн питĕ паллă деятелĕ вилчĕ.

Болеслав Берут 1892 çулхи апрелĕн 18-мĕшĕнче Люблин хулинче Польшăри рабочи çемйинче çуралнă. 1912 çултан пуçласа вăл рабочисен революцилле юхăмне активлă хутшăннă. 1918 çулта Польшăри Коммунистсен партине туса хунă вăхăтран пуçласа Болеслав Берут партие кĕнĕ, часах унăн активлă деятелĕ пулса тăнă. Революцилле юхăма хутшăннăшăн ăна нумай йĕсĕрленĕ тата нумай хутчен арестленĕ.

Польшăна гитлеровецсем оккупациленĕ тапхăрта Болеслав Берут тăшмана хирĕç пыракан юхăмăн, Польша халăхĕн наци ирĕклĕхĕпе социальнăй ирĕклĕхĕшĕн Польша халăхĕ пуçласа янă кĕрешĕвĕн тĕп организаторĕсенчен пĕри пулнă. 1944 çулхи январĕн 1-мĕшĕнче ăна вăрттăн туса хунă халăх власĕн аслă представительнăй органĕн — Крайова Рада Народовăн президентне суйланă. 1944—1945 çулсенче çĕршыва Совет Çарĕн войскисем Польша çарĕн мухтавлă воинĕсемпе пĕрле ирĕке кăларнă хыççăн Польшăри Рабочисен пĕрлешнĕ партийĕ ертсе пынипе (Болеслав Берут унăн ертсе пыракан деятелĕ пулнă) Польша халăхĕ социальнăй пурнăçпа экономикăра пысăк улшăнусем турĕ, Польшăра халăх демократи стройĕ çирĕпленчĕ.

1947—1952 çулсенче Болеслав Берут Польша Республикин президенчĕ тата Государство Совечĕн председателĕ, 1952 — 1954 çулсенче — Польша Халăх Республикин Министрĕсен Совечĕн председателĕ пулнă. 1954 çулхи март уйăхĕнче ăна Польшăри Рабочисен пĕрлешнĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕн пĕрремĕш секретарьне суйланă. Хăйĕн пурнăçĕн юлашки кунĕсемччĕнех Берут юлташ хăйĕн пĕтĕм вăй-халне Польша халăхĕн телейĕшĕн, çĕнĕ, социализмла Польша тăвассишĕн пыракан кĕрешĕве панă.

Партипе государство ĕçĕнче Болеслав Берут яланах пролетарилле интернационализм позицийĕсем çинче çирĕп тăнă, Польшăри рабочи класпа унăн партийĕн кĕрешӳри традицийĕсене çирĕппĕн тытса пынă. Польшăри рабочи класс партине Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕпе çураман хутшăнура пĕрле туса пынă революцилле кĕрешӳ, идея пĕрлĕхĕ, туслăх тата тăванлăх çыхăнтарса тăрать.

Хăй тухса каланă сăмахсенче Болеслав Берут Польша халăхĕпе совет халăхĕн нихăçан çĕмĕрейми туслăхĕн аслă пĕлтерĕшне ывăнма пĕлмесĕр палăртса пынă, социализм лагерĕн вăйĕсене малалла пĕтĕçтерме чĕннĕ. Нумаях пулмасть-ха КПСС XX съезчĕн трибуни умĕнче вăл çапла хавхаланса каланă: «Польшăри рабочи класăн революцилле традицийĕсем, унăн политикăлла пĕрлешĕвĕ, пĕтĕм социализм лагерĕнчи халăхсен туслăхĕ, вĕсем тачă пĕтĕçсе тăни, пĕтĕм тĕнчери рабочисен юхăмĕн кĕрешӳри ӳссе пыракан активлăхĕ, Совет Союзĕнчи халăхсен историлле паттăр ĕçĕсемпе хавхаланнă пусмăрти халăхсен ирĕклĕхшĕн пыракан кĕрешĕвĕ Польшăри ĕççынни массисен социализм пĕтĕмпех çĕнтермелле тăвассишĕн пыракан кĕрешĕвĕнчи ирĕкне çирĕплетеççĕ». Берут юлташ тĕнчери коммунизм юхăмĕпе рабочи юхăмĕн тĕрĕсленнĕ деятелĕ пулнипе паллă çын. Польшăри рабочи класс, Польша халăхĕ пăхса çитĕнтернĕ Болеслав Берут питех те паллă политикăлла деятель тата государство деятелĕ пулнă. Вăл çĕнĕ, халăх Польшине туса хума, социализмла çĕршывсен аслă туслăхне туса хума çав тери нумай вăй парса ĕçленĕ. Вăл Коммунистла Интернационалăн Исполнительнăй Комитечĕн ĕçне активлă хутшăннă. Вăрçă хыççăн вăл Коммунистсен партийĕсемпе рабочи партисен Информацилле Бюровĕн ĕçне хутшăнчĕ.

Болеслав Берут вилнипе Польшăри тата мĕнпур çĕршывсенчи ĕççыннисем паттăр борецне, хăйĕн пĕтĕм пурнăçне юлашки сывлăш тухиччченех рабочи класс ĕçне, коммунизмшăн пыракан кĕрешĕве аслă ĕçне панă çынна çухатрĕç.

1952 çулта хăй утмăл çул тултарнă кун Болеслав Берут çапла хавхаланса каланă: марксизм-ленинизм идейисем пирĕнтен кашниййĕнех интеллектуальнăй тата моральнăй вăйсен çăлкуçĕ, ӳсĕмпе аталану çăлкуçĕ пулса тăраççĕ. Марксизм-ленинизма вĕсĕ-хĕррисĕр парăнни — Болеслав Берутăн чун-хавалпа ăс-тăн тĕлĕшĕнчи сăн-сăпачĕн тĕп палли.

Берут юлташăн пĕтĕм пурнăçĕ мир, демократи тата социализм ĕçĕшĕн, халăхсен телейĕшĕн кĕрешекен мĕнпур çынсемшĕн чаплă тĕслĕх пулса тăрать. Болеслав Берутăн çутă сăнарĕ пирĕн асран нихçан та каяс çук.

Тăпру çăмăл пултăр, пирĕн асран кайми тус тата боевой юлташ!

Н. БУЛГАНИН
К. ВОРОШИЛОВ
Л. КАГАНОВИЧ
А. КИРИЧЕНКО
Г. МАЛЕНКОВ
А. МИКОЯН
В. МОЛОТОВ
М. ПЕРВУХИН
М. САБУРОВ
М. СУСЛОВ
Н. ХРУЩЕВ
Г. ЖУКОВ
Л. БРЕЖНЕВ
Н. МУХИТДИНОВ
Д. ШЕПИЛОВ
Е. ФУРЦЕВА
Н. ШВЕРНИК
А. АРИСТОВ
Н. БЕЛЯЕВ
П. ПОСПЕЛОВ

# СĔНТЕРӲЛЛĔ ПЫСĂК УТĂМПА—

## Улттăмĕш пилĕк çуллăх план—

*ССР Союзĕн халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх планăн тĕп задачисем çаксем пулаççĕ: йывăр промышленноçа нимрен ытларах аталантарнипе, пĕрмаях техника прогресĕ тунипе тата ĕç тухăçлăхне ÿстернипе халăх хуçалăхĕн пур отраслĕсене те малалла хăватлăн вăйлатмалла, ялхуçалăх производствине хăвăрт çĕклентермелле, çапла майпа вара совет халăхĕн пурнăçне чылай лайăхлатмалла, культурине хăпартмалла.*

**КПСС XX съезчĕ ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă Директивăсенчен.**

ТĂВАН çĕршывăн пур кĕтесĕсенче те совет çыннисен — коммунизм строителĕсен—хастар ĕçĕ вĕресе тăрать.

Коммунистсен партийĕ организацилесе, хавхалантарса пынипе совет халăхĕ пилĕкçуллăхран пилĕкçуллăха çĕнтерӳллĕ утăмсемпе хăйĕн аслă тĕллевĕ — коммунизм патне çывхарса пырать.

Пăхăр-ха хамăрăн юратнă Тăван çĕршывăн картти çине! Унта темĕн чухлĕ паллă. Кашни паллă—улттăмĕш пилĕкçуллăхра туса лартакан çĕнĕ промышленность предприятийĕ. Анчах ку вăл партин XX съезчĕ çĕнĕ пилĕкçуллăх валли палăртса хунă ĕçсен пĕр пайĕ кăна вĕт!

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра тумалли ĕçсен калăпăшĕ пиххçанхинчен те пысăкрах.

Партин XX съезчĕ панă Директивăсенче 1956—1960 çулсенче ССР Союзĕн халăх хуçалăхĕ енĕпе государство капитальнăй ĕçсем валли пĕтĕмпе 990 миллиард тенкĕ, е иртнĕ пилĕкçуллăхринчен 67 процент ытларах, хывма палăртнă.

Тĕхĕрсĕр тĕхĕрвун миллиард! Урăхла каласан, пирĕн çĕршывра капитальнăй ĕçсем валли тăваттăмĕшпе пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхсенче, иккĕшĕнче пĕрле, çакăн чухлĕ укçа хывман. 1955 çулта ССР Союзĕн пĕтĕм промышленноçĕн валовой продукцийĕ, 1913 çулхипе танлаштарсан, 27 хут, производство средствисем туса кăларасси—60 хут, электроэнерги туса кăларасси—88 хут, машинăсем туса кăларасси—160 хут ÿснĕ.

Агитатор! Улттăмĕш пилĕк çуллăх планăн кашни сыпăкĕ, кашни цифри—Тăван çĕршывăн экономикине культурине малалла хăватлăн аталантармаллине пĕлтерет. Коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн кĕрешмелли çак аслă программа çинчен хăв ĕçлекен предприятири, стройкăри, колхозри, совхозри, машина-трактор станцийĕн ĕççыннисене тĕплĕн каласа ăнлантар, вĕсене 1956 çулхи—улттăмĕш пилĕкçуллăхăн пирвăйхи çулĕнчи—программăна ăнăçлăн пурнăçлама большевикла хĕрÿ сăмахпа, паттăр ĕçпе хавхалантарса пыр!

УЙАП МИШШИ

### Ленин çулĕ—коммунизм çулĕ

Тулли сасна уяв юрри юрлакăн
Юрлас килет ман чун килехичен
Умри çак çĕнĕ пилĕк çуллăх планăн
Кашни сăмахĕпе цифри çинчен.

Кам хавхаланмĕ, кам чĕрийĕ-чунĕ
Çĕклентмĕ çак планна куланăçем?
Унта çĕршывăн ырăххи пен курĕ,
Эпир тăвас ĕçсем, çитĕнÿсем!

Унта çĕршывăн аслă ÿсĕм çулĕ.
Утса çулаккăн, çĕнетсе çĕре
Çак çулпала пыратпăр çĕнтерÿллĕ,
Йĕнкуне чăрмавсене сире-сире.

Уйпа утма пиллеме аслă Ленин.
Вăл парти, халăх тăвакан ĕçре
Ялав юнашарах тăрса ĕçленĕн,
Савса ырланăн суйăнать пире.

Çĕршывăн çĕнĕ пилĕк çуллăх планĕ...
Ĕнле юрламĕ сăнăç ун çинчен?
Куллен-кун хурçă ытларах шăранĕ,
Нефть сирпĕнĕ шан-шан фонтансенчен.

Совет çынни машинăсем кăларĕ,
Пир-авăр тĕртĕ ăмăртса, хĕрса,
Çурт хырçăн çурт хитрен çĕкленĕ-ларĕ
Яла та хулана илем кÿрсе.

Кĕр-кĕрлĕç çĕнĕ заводсен хăватлăн,
Çулсем ярт выртĕç сутăлса кирçе.
Сад-хуласем он-ешĕл сăн-сăнатлăн
Çуралĕç, ÿсĕç çĕнĕ çĕрсенче.

Колхоз ĕçченĕсен хастарлă йышĕ
Пур халăхна пĕрле тăвать туна:
Тăван хирсенăн нĕсĕмĕр тапхинĕ
Хумланĕ тулăх тырĕ-пулăна.

Çĕршыв пуянлăхне хушать-çке халăх
Ун тĕрекне витăмрăм ÿстерет.
Вăл пурнăç кĕрĕки тулли пулмаллăх
Пур ырлăх-пурлăха унне кÿрет...

Çăварлăх хырçăн парăмăр çăварлăх
Ĕçе кÿлăсе чи пысăк тымсене.
Мĕн чухлĕ сапăн, чапăн, паркатарăл
Ĕрсем пире пĕтерçĕ машинине!

Юратнă Атăл çинелле пăхмасăр,
Кăç Шупашкар ГЭС-не тытăннала.
Ак пилĕк-пилĕк тухăпăр та ханăр
Пĕвелĕзĕр кунта та Атăла.

Хускатĕ тавраш халас ĕç шанĕ,
Ян кайĕ юрĕ чăн телей çинчен.
Чăваш хĕр-ывăлĕ ĕçри мухтавĕ
Çĕклевĕ çÿлерех нихçанхинчен.

Умра—хĕрÿ ĕçсен хăюллă планĕ.
Мĕн шухăшланă—пурнăçлатпăрах.
Çĕршывăмăр тăтах та чаплăланĕ,
Тăтах та пурнăç пулĕ савăнрах.

Эпир тума пулнийĕ—пурте пулĕ.
Утатпăр парти тытнă çулпала.
Вăл Ленин çулĕ—коммунизм çулĕ,
Халăхсене çĕнет вăл малалла!

Çĕпĕрпе Уралта металлурги, алюмини, станоксем, тимĕрçĕ-пресс оборудованийĕ тăвакан, хурçă тата чугун шăратакан, инструментсем, строительство тата çул-йĕр машинисем, электровозсем, приборсем, теплов электрооборудованийĕ, трансформаторсем, пысăк вольтлă аппаратура тăвакан завод 40 ытла тата атом вăйĕпе ĕçлекен икĕ электростанци туса лартасçĕ.

## КОММУНИЗМ ТУМАЛЛИ НИКĔС

Н. С. Хрущев юлташ Коммунистсен партийĕн XX съездĕнче: «...Эпир çулă ту çине хăпартăмăр, унтан пирĕн тĕп тĕллер—коммунизм обществи патне каймалли çул çинчи аслă таврăлăх уççăн курăнать», терĕ кашни совет çыннине савăнтарать.

Çак чăнкă ту çине хăпарма пирĕ çăмăл пулман.

Совет çĕршывĕ халĕ, хăватлă малк пек чаплăн курăнса, пĕтĕм этемлĕхе çĕнĕ тĕнчене куçма çул кăтартса тăрать.

Умри мĕнпур йывăрлăхсене çĕнтересе пĕрмай малалла утма тивнĕ совет çыннисене. Хăшпĕр чухне чаплă тумланас, тутлă çиес кăмăла та пăшăрхах хуçма тивнĕ.

Анчах пирĕн паттăр рабочисене, мухтавлă колхозникесене, пултаруллă интеллигентсене нимĕнле йывăрлăхсем те хăратаймарĕç. Хуçалăхăн социализмла системи производительнăй вăйсене хăватлăн аталантарма, миллионшар ĕççыннисен — обществăн мĕнпур пурлăхĕсемпе ĕç-тăн пулăвлăхĕсене тăвакансен — таланчĕсемпе пултарулăхне чечеклесе ÿсме аслă майсем туса парать.

Кашни пилĕкçуллăх хыççăн Совет Союзĕ хăйĕн экономикăлла аталанăвĕн çĕнĕ пусăмне çĕкленсе пычĕ, пуянрах та вăйлăрах пулса тăчĕ, унăн тĕнчери авторитечĕ ÿснĕсем ÿсрĕ.

Социализмла халăх хуçалăхĕнче промышленность, чи малтан, йывăр индустри, производство хатĕрсем туса кăларасси, тĕп вырăнта тăрать.

Аслă Ленин çапла вĕрентнĕ: йывăр промышленноçа пысăк хăвăртлăхсемпе аталантармасăр халăх хуçалăхĕнче сарăлса пыракан воспроизводство та, техникăри вĕçĕмсĕр прогресс та, ĕç тухăçлăхĕ пĕрмаях ÿсни те пулма пултараймасть, унсăрăн çĕршывăн оборона вăй-хăватне çирĕплетме те, халăх пурнăçне лайăхлатма та май çук.

Ленин туса хатĕрленĕ тĕп çулйĕре пирĕн Коммунистсен партийĕ çирĕп тытса пырать. КПСС XX съезчĕ панă Директивăсенче пурничен малтан хура тата тĕслĕ металлургие, нефть, çĕр кăмрăк тата хими промышленноçне малалла аталантарма, электростанцисем тăвас ĕçе ыттисенчен ытларах тата машиностроение хăвăрт аталантарма палăртнă.

Халăх хуçалăхĕ вăйланасси, тĕпрен илсен, хура металлургирен килет. 1960 çулта пирĕн çĕршывра 53 миллион тоннăна яхăн чугун, 68 миллион та 300 пин тонна хурçă, 52 миллион та 700 пин тонна прокат, урăхла каласан, 1913 çулхинчен 12—17 хут нумайрах туса кăлараççĕ. Уйрăмах легированнăй хурçăсем, ваа сортлă хурçă, катанка, электрохурçă, калиброваннăй хурçă, инструментсем тума кирлĕ хурçă туса кăларасси пысăк хăвăртлăхсемпе ÿсет.

Пилĕк çул хушшинче тутăхман хурçă тата вĕрие чăтăмлă сплавсем туса кăларакан предприятисен хăвачĕ 3,2 хут ÿсет. Сăмахран, Череповецри металлурги завочĕпе Орско-Халилово металлурги комбинатне туса çитереççĕ, Хĕвеланăç Çĕпĕрти металлурги завочĕн пĕрремĕш домна кăмаки ĕçлеме тытăнать. Çĕпĕрте çĕнĕрен икĕ металлурги завочĕ тума пуçлаççĕ, Карагандăра çулталăкра 1 миллион та 350 пин тонна чугун шăратакан икĕ домна кăмаки тата листалă прокат тăвакан стан ĕçлеме пуçлаççĕ.

Тĕслĕ металлурги, электростанцисем, электролинисем, кабельсем, аккумуляторсем валли, чугун çулсене электрификацилеме тата халăх хуçалăхĕн ытти нушисем валли пăхăр, хура тăхлан, алюмини нумай кирлĕ. Çавăнпа улттăмĕш пилĕкçуллăхра алюмини тата тапарлă магни туса кăларассине 2,1 хут, молибден туса кăларассине—2 хут, тĕслĕ металлурги предприятийĕсенче кÿкĕрт кислоти туса кăларакан производство хăвачĕсене 5,2 хут ÿстерме йышăннă. Тĕслĕ металлурги Хĕвелтухăç Çĕпĕрте тата Казахстанра уйрăмах вăйлăн аталанать. Алюмини туса кăларма электроэнерги нумай кирлĕ. Çавăнпа алюмини промышленноçĕ чĕртавар çителĕклĕ тата йÿнĕ электроэнерги пур вырăнсенче ытларах аталанать. Пилĕкçуллăхра Çĕпĕрте виçĕ, Казахстанра пĕр алюмини завочĕ лартаççĕ.

**Топливо промышленноçĕ.** Хăвăрт аталанса пыракан халăх хуçалăхне топливо ытларах та ытларах кирлĕ. Пирĕн çĕршывăн топливо балансĕнче çĕр кăмрăкĕ 65 процент, нефть — 22,5 процент, çĕр айĕнчен кăларакан газ—2,5 процент йышăнать. 1960 çулта, 1955 çулхипе танлаштарсан, çĕр кăмрăкĕ кăларасси 52 процент, нефть кăларасси—91 процент, газ кăларасси—4 хута яхăн ÿсет. Газпа нефть—йÿнĕрех тата усăллăрах топливо. Çĕр кăмрăкĕ кăларас ĕçĕн хăйне ларакан хакĕпе танлаштарсан, нефть кăларас ĕçĕн хăйне ларакан хакĕ 3 хут, çĕр айĕнчи газа кăларас ĕçĕн хăйне ларакан хакĕ—8 хут пĕчĕкрех. Кунта тата çакна асра тытмалла: çĕр айĕнче кăмрăк кăларма çăмăл мар. 1960 çулта çĕршывăн топливо балансĕнче нефтьпе газ 30,5 процент йышăнаççĕ.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра çĕр кăмрăк кăларасси, уйрăмах ССР Союзĕн Европа пайĕнче ÿсет. Халĕхе çĕршывăн Европа пайĕнчи районĕсене Хĕвелтухăç районĕсенчен çулталăкра 14 миллион тонна кăмрăк кÿрсе килеççĕ. Донец тăрăхĕнче, Мускав çывăхĕнчи тата Печора бассейнĕсенче пысăк ĕçсем туса ирттермелле. Иртнĕ пилĕкçуллăхра çулталăкра 110 миллион тонна çĕр кăмрăкĕ кăларакан шахтăсемпе разресем туса лартса ĕçе янă. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра çавăнтан икĕ хут нумайрах шахтăсемпе разрезсем тумалла.

1960 çулта çĕршывра 593 миллион тонна, вăл шутра Украинăра 212 миллион тонна çĕр кăмрăкĕ кăлармалла. Çĕр кăмрăк промышленноçĕ мĕнле хăвăртлăхсемпе ÿснине çакăнтан лайăх курма пулать: пĕрремĕш пилĕкçуллăхра çĕр кăмрăкĕ кăларасси 7,2 миллион тонна, иккĕмĕш пилĕкçуллăхра — 12,7 миллион тонна чухлĕ ÿснĕ пулсан, улттăмĕш пилĕкçуллăхра — 40,5 миллион тонна чухлĕ ÿсет. 1913 çулта Российăра пĕтĕмпе те çавăн чухлĕ çĕр кăмрăкĕ кăларман.

1956—1960 çулсенче çĕршывăн хĕвелтухăç пайĕнче çĕнĕ фабрикăсемпе заводсем, электростанцисем нумай ĕçе яраççĕ, çĕнĕ чугун çулсем тума тытăнаççĕ. Çакна май çĕршыва коксланакан тата энергетически çĕр кăмрăкĕсем ытларах кирлĕ пулаççĕ. Хĕвелтухăç районĕсенче çавăн пек çĕр кăмрăк запасĕсем питĕ пысăк, унта укçа-тенкĕ сахал расходласах шахтăсем тума тата ССР Союзĕн Европа пайĕнчинчен чылай йÿнĕрех ларакан топливо кăларма пулать. Нумай вырăнсенче çĕр кăмрăкне шахтăсем тумасăрах, уçă майпа кăларма пулать. Уçă майпа кăмрăк кăларнă çĕрте ĕç тухăçлăхĕ 5—6 хут пысăкрах, çĕр кăмрăкĕн хăйне ларакан хакĕ вара 3—4 хут пĕчĕкрех.

**Нефть.** 1960 çулта 135 миллион тонна, 1940 çулхинчен 4 хут çурă нумайрах, нефть кăлармалла. Вăрçă хыççăнхи çулçенче Уралта, Тутар тата Пушкăрт республикисенче, Куйбышев, Саратов облаçĕсенче нумай нефть шыраса тупнă. Çакăн хыççăн çĕршывра нефть запасĕсем 4 хут ытла ÿснĕ. Çак районсенче нефть кăларас ĕçĕн хăйне ларакан хакĕ, кивĕ районсемчипе танлаштарсан, 3—4 хут пĕчĕкрех. Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра кÿршĕри Тутар республикинчи нефть промышленноçне 5 миллиард тенкĕ ытла укçа-тенкĕ хывнă. 1960 çул тĕлне Тутарстан, халĕ Баку кăларнипе танлаштарсан, çĕршыва 3 хута яхăн нумайрах нефть парать. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра нефть кăларасси 65 миллион тонна чухлĕ ÿсет. Çав ÿсĕмĕн çурри Тутар республикинче нефть кăларасси ÿснĕ шутпа пулать. Çак республикăра нефтьпе пĕрле тухакан газ кăларасси 10 хут ÿсет.

Баку тата Грозный çĕршыва чи лайăх нефть парса тăраççĕ, çавăнпа унти нефть промышленноçне малалла аталантармалла. 1960 çулта Азербайджан республики 15,7 миллион тонна нефть, 3,5 миллиард кубометр газ кăларать.

Пилĕкçуллăхра газ кăларасси 40 миллиард кубометра çити ÿсет. Ставрополь, Харьков патĕнчи Шебелинка, Саратов патĕнчи Степновск çывăхĕнчи вырăнсенче газ кăларма тытăнаççĕ.

Нефть тата нефть продукчĕсене юхтарма 14 пин çурă километр тăршшĕ магистральнăй трубопроводсем, газ парса тăма—9 пин километр тăршшĕне яхăн магистральнăй газопроводсем туса ĕçе кĕртмелле. Хусанпа Горький хушшинче 386 километр тăршшĕ газопровод, Альметьевскпа Горький хушшинче трубопровод хываççĕ. Шупашкар хулине те газ кĕртме палăртнă.

**Электрификаци.** Коммунистсен партийĕ çĕршыва электрификацилессине пысăка хурса хакланă тата хаклать те. «Коммунизм вăл—совет влаçĕ тата пĕтĕм çĕршыва электрификацилени»,—тенĕ В. И. Ленин.

1955 çулта çĕршывра 170 миллиард киловатт-сехет, урăхла каласан, 1940 çулхинчен виçĕ хут çурă нумайрах, электроэнерги туса кăларнă. 1960 çулта 320 миллиард киловатт-сехет электроэнерги туса кăлармалла. Электростанцисен хăвачĕ пĕтĕмпе 2,2 хут, вăл шутра гидроэлектростанцисен хăвачĕ — 2,7 хут ÿсет. Куйбышев, Горький, Сталинград, Молотов, Воткинск, Иркутск, Кременчуг, Днепродзержинск, Новосибирск гидроэлектростанцийĕсем ĕçлеме пуçлаççĕ, Саратов, Шупашкар, Анат Кама гидроэлектростанцисене тума тытăнаççĕ. Шупашкар гидроэлектростанцин хăвачĕ 800 пин киловатт пулать. Çĕпĕрте питĕ пысăк гидроэлектростанцисем—Братск, Красноярск гидроэлектростанцийĕсене тăвас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем пуçăнаççĕ. Кунсăр пуçне пĕспа ĕçлекен 900—1.200 пин киловатлă электростанцисем лартаççĕ.

Куйбышев, Сталинград гидроэлектростанцийĕсене Центрти, Кăнтăрти тата Уралти энергосистемăсемпе пĕрлештерсе, ССР Союзĕн Европа пайĕн пĕрлĕхлĕ энергетика системи туса хума, Центральнăй Çĕпĕрĕн пĕрлĕхлĕ энергетика системине тăвас ĕçе сарма, Грузи, Азербайджан тата Армени энергосистемисене пĕрлештерме палăртнă.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра атом энергийĕпе усă курасси чылай ÿсет. Пĕтĕмпе 2—2,5 миллион хăватлă атомлă электростанцисем туса лартаççĕ. Уралта 600 пин киловатлă икĕ электростанци, Мускав çывăхĕнче—400 пин киловатлă атом вăйĕпе ĕçлекен пĕр электростанци лартма палăртнă. Атом вăйĕпе ĕçлекен ледокол тума тытăннă.

**Транспорт.** Халăх хуçалăхĕ хăвăрт аталанасси транспорт йĕркеллĕ ĕçленинчен нумай килет. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра чугун çул транспорчĕпе грув турттарасси 400 миллиард тонна-километр чухлĕ ÿсет, çакă вăл 1940 çулта турттарнă мĕнпур грузсен хисепĕпе танлашать. Чугун çулсем çинче электровозсемпе тата тепловозсемпе ытларах усă курма пуçлаççĕ, поездсем çÿрессине йĕркелесе тăрас ĕçе анлăн автоматизацилеççĕ. Уйрăмах чугун çулсене электрификацилесси хăвăрт ÿсет. Мускав—Куйбышев — Челябинск — Омск — Новосибирск — Иркутск хушшинчи чугун çула электрификацилемелле, Мускав — Харьков—Донбасс хушшинчи чугун çул тата ытти чылай çулсем тăрăх поездсене электричество вăйĕпе çÿретмелле тăваççĕ.

Халĕ ĕçлекен чугун çулсем çинче çĕнĕ рельссем 65 пин километр тăршшĕ, çĕнĕ çулсем 6.500 километр тăршшĕ, хальхи çулсем çинче иккĕмĕш линисем 6.600 километра яхăн хывмалла. Хусан чугун çулĕ çинче те пысăк ĕçсем туса ирттерĕççĕ, Канашпа Агрыз станцийĕсем хушшинче иккĕмĕш линисем хываççĕ.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра Чăваш АССР-ĕнчи промышленность малалла аталанать. Электроаппаратура, ĕçтел-пукан, пир-авăр, строительство материалĕсем туса кăларасси хăвăрт ÿсет. Шупашкарта çĕнĕ завод — трактор пайĕсем тăвакан завод ĕçлеме тытăнать. Çак заводра çулталăкра 40 пин тонна металл шăратакан специализациленĕ цех тума йышăннă. Кăçал Шупашкарта çул-йĕр строительстви валли машинăсем тăвакан тата машинăсем юсакан завод лартма тытăннă. Пир-авăр комбиначĕн тата ытти нумай предприятисен хăвачĕ малалла ÿсет.

Уçăрчăк çинче — çĕнĕ электровоз «ВЛ-23». Ăна Новочеркасскри Буденный ячĕпе тăракан заводра тăваççĕ. Электровозăн хăвачĕ—4.300 лаша вăйĕ чухлĕ, йывăрăшĕ—138 тонна. Çак электровоз чугун çулăн тÿрем тата сăрт-ту участокĕсенче грузсене 100 километра çити хăвăртлăхпа турттарма пултарать.

В. Турбин фотоÿкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

**Коммунизм вăл ирĕклĕ, ăнланулла, пĕрлешсе тăракан тата малта пыракан техникăпа усă куракан рабочисен ĕç тухăçлăхĕ капитализм чухнехинчен чылай çÿлерех ÿсни пулать.**

**Ĕç тухăçлăхне ÿстерни вăл, юлашки шутран, çĕнĕ общественнăй строй çĕнтерме чи кирли, тĕп вырăнта тăраканни пулать.**

*В. Ульянов (Ленин)*

### Тухăçлăрах ĕçлер

*Ĕç тухăçлăхне ÿстерсе пырсан кăна социализмла производствăна пĕр вĕçĕмсĕр тата хăвăрт аталантарса пыма пулать. Продукци туса кăларассин ÿсĕмĕ пуринчен ытларах ĕç тухăçлăхĕнчен килет. Ĕç тухăçлăхĕ ÿсни продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетме, халăх пурнăçне лайăхлатма пулăшать.*

*Директивăсенче палăртнă тăрăх, 1956—1960 çулсенче ĕç тухăçлăхне çакăн чухлĕ ÿстермелле: промышленноçра 50 процентран кая мар, строительствăра—52 процентран кая мар, чугун çул транспортĕнче—34 процента яхăн, тинĕс транспортĕнче—40 процент, юханшыв транспортĕнче—35 процент, совхозсенче тата государствăн пулăшуллă ялхуçалăх предприятийĕсенче 70 процента яхăн.*

*Улттăмĕш пилĕкçуллăхра ĕç тухăçлăхне 1 процент ÿстерсен, сăмахран, çĕршыври халăх хуçалăхĕнче 165 пин рабочи сахалтарах тытма, е çулталăкра 75 миллион метр пир-авăр ытларах тĕртсе кăларма пулать.*

*1913 çулхи шайпа танлаштарсан, ССР Союзĕнче халĕ ĕç тухăçлăхĕ 8 хут пысăкрах. Çав вăхăт хушшинче ĕç тухăçлăхĕ Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсенче 2,2 хут, Англире—1,4 хут, Францире—1,75 хут ÿснĕ.*

*1913 çулта Российăра ĕç тухăçлăхĕ Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсенче пулнинчен 9 хут пĕчĕкрех, Англире пулнинчен—4,9 хут, Германире пулнинчен—4,7 хут, Францире пулнинчен—3 хута яхăн пĕчĕкрех пулнă.*

*ССР Союзĕнче ĕç тухăçлăхĕ питĕ хăвăрт ÿссе пырать. Ĕç тухăçлăхĕн шайĕ тĕлĕшпе халĕ эпир Англипе Францие кая тăратса хăвартăмăр, халĕхе США-ран кăна юлса пыратпăр.*

*Пирĕн çĕршывра ĕç тухăçлăхĕ хăвăрт ÿссе пыни производствăн социализмла меслечĕ малта тăнинчен, халăх хуçалăхне реконструкцилесе çитерес тата çĕршыва электрификацилес тĕлĕшпе пирĕн парти пысăк ĕçсем туса иртгернинчен килнĕ.*

*Производствăна автоматизацилени ĕç тухăçлăхне халиччен пулнинчен ытларах ÿстерме пысăк малашлăхсем уçса парать, социализм условийĕсенче ĕççыннисен культурине тата техникăлла пĕлĕвне ÿстерме пулăшать.*

*Производствăна автоматизацилени ĕç тухăçлăхне мĕн чухлĕ ÿстернине çакăнтан курма пулать: Днепр гидроэлектростанцинче 9 гидротурбина. Вĕсен хăвачĕ 650 пин киловатт. Çак турбинăсене тата ытти механизмсене пĕр сменăра 6 çын ĕçлеттерме пултарать.*

*Автоматла поток линийĕсем машинăсем тăвакан заводсенче ĕçлекен рабочисен хисепне 5—10 хут чакарма май параççĕ.*

*Пирĕн республикăри пир-авăр фабрикисем ĕç тухăçлăхне 1 процент ÿстерни çулталăкра 500 пин метра яхăн пир-авăр ытларах тĕртсе кăларма, вăрман промышленноçĕнче ĕç тухăçлăхне 1 процент ÿстерни çулталăкра 25 пин кубометр йывăç ытларах хатĕрлеме, кирпĕч производствинче—650 пине яхăн кирпĕч нумайрах туса кăларма май парать. Республикăри пĕтĕм промышленноçра ĕç тухăçлăхне ÿстерсен вара çулталăкра 20 миллион тенкĕлĕх продукци нумайрах туса кăларма пулать.*

*1955 çулта Шупашкарти электроаппаратура заводĕнче ĕç тухăçлăхĕ, 1950 çулхипе танлаштарсан, 2,6 хут ÿснĕ. Ĕç тухăçлăхне ÿстерме çĕнĕ техникăпа тата малта пыракан технологипе усă курни, социализмла ăмăртăва анлă сарни пулăшнă.*

*1955 çулта Шупашкарти 123-мĕш стройтрест çуртсен проекчĕсене пăхса тухнă, ăна пула çуртсен хакне 700 пин тенкĕлĕх йӳнетнĕ.*

# КОММУНИЗМ ПАТНЕ!

## кашни совет çыннин çывăх, тăван ĕçĕ

*Агитатор! Эсĕ аслă план çинчен калаcа патăн-и?*

Хуçалăх ĕçĕнче,—сăмахĕ ку питех вырăнлах мар та, — „хыткукар" пулни кирлĕ. „Хыткукарланма" вара эпир вĕренеймен-ха... Мĕнпур ĕçре пур майсемпе те усă курса, вăй-хăвата хурса ĕçлес тесен, çав майсемпе тата вăй-хăватпа ăçта, мĕнле усă курассине тĕплĕн, хамăрăн пĕтĕм республикăн хуçи пек, шутласа пăхма вĕренес пулать...

В. Ульянов (Ленин)

### Перекетлĕхшĕн кĕрешер

*Ултăмĕш пилĕкçуллăхра промышленность продукцийĕн хăйне ларакан хакне 17 процент, строительствăпа монтаж ĕçĕсен хакне 7 процентран кая мар йÿнетес задача лартнă.*

*Хуçалăхăн социализмла системи чĕртаварпа, топливăпа, электроэнергипе, ĕç вăйĕпе тĕрĕс, перекетлĕ усă курма май парать. Продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетни таса тупăш ытларах тума, таварсен хакне йÿнетме, çапла вара совет çыннисен пурнăçне лайăхлатма май парать.*

*Продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетни халăх хуçалăхĕшĕн мĕн тери усăллине çакăнтан курма пулать: 1960 çулта çĕршыври промышленноçра продукцин хăйне ларакан хакне 1 процент йÿнетни 10 миллиард тенке яхăн перекетлеме май парать.*

*Пилĕкçуллăхра строительствăпа монтаж ĕçĕсен хакне 1 процент йÿнетни 4,5 миллион тăваткал метр чухлĕ пурăнмалли çуртсем тата 880 ача вĕренмелли 200 шкул лартма е талăкра 60 тонна çăкăр пĕçерекен 1.900 завод лартма май парать.*

*Çĕршыври промышленность продукцийĕн хăйне ларакан хакĕнче чĕртавар, топливо, электроэнерги, материалсен тÿпи 70 процента яхăн. Çавăнпа кашни предприятипе, стройкăра перекетлĕх режимне çирĕп тытса пымалла, рационализаторла сĕнÿсемпе, изобретенисемпе, малта пыракансен опычĕпе анлăн усă курмалла. 1955 çулта Шупашкарти электроаппаратура заводĕнче рабочисем, инженерсемпе техниксем рационализаторла сĕнÿсем нумай панă, вĕсене пурнăçа кĕртни чĕртавар, материалсем, электроэнерги тата ĕç укçи çулталăкра пĕр миллион тенкĕлĕх ытла перекетлеме май парать.*

*Пирĕн халăх хуçалăхĕнче продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетмелли резервсемпе майсем нумай. 1955 çулта усăсăр тăкаксем тата производствăра брак тунипе çĕршыв 6 миллиард тенке яхăн укçа илсе çитереймен. Çавăн пек тĕслĕхсем республикăра та нумай. 1955 çулта Канашри вагонсем юсакан завод тимĕр-тăмăр пухмалли плана тултарманшăн 100 пин тенкĕ ытла штраф тÿленĕ. Шупашкарти кирпĕч заводĕнче продукци пахалăхĕшĕн çителĕксĕр кĕрешнĕ, брак нумай пулнă, çавăн пирки 115 пин тенкĕ убыток тунă.*

*Уйрăмах строительство организацийĕсенче усă курман резервсем нумай. Тимĕрбетонпа, шлак бетонĕпе, блоксемпе усă курни, ĕçе комплексла механизацилени ĕç тухăçлăхне чылай ÿстерет, çуртсене хăвăртрах туса пĕтерме пулăшать, строительство хакне йÿнетет. Малта пыракан меслетсемпе усă курни пурăнмалли çуртсен кашни тăваткал метрне 1.100—1.200 тенкĕ таран йÿнетме май парать. Халĕ республикăра туса кăларакан пурăнмалли çуртсен кашни тăваткал метрĕ 1.600—1.800 тенке ларать.*

*Халăх хуçалăхĕн ытти отраслĕсен те, сăмахран, вăрман промышленноçĕн те продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетмелли майсем нумай. Вăрманпромхозсенче хăватлă машинăсемпе механизмсем ĕçлеççĕ, техникăна алла илнĕ кадрсем нумай. Анчах малта пыракансен опытне ялăх сарнипе, механизмсене татти-сыпписĕр ĕçлеттерменнипе вăрманпромхозсем çулсерен пысăк тăкаксем тăваççĕ, продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетмелли задачисене пурнăçламаççĕ.*

### Социализмла ялхуçалăхĕ малалла вăйланать

Йывăр промышленноçа вăйлатипе социализмла ялхуçалăхне малалла анлăн аталантарса пымалла, çĕр ĕçĕнче те, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре те пысăк улшăнусем пулмалла.

Тĕштырă туса илессине 1960 çулта 180 миллион тоннăна (11 миллиард пăта) çитермелле. Вăтам шутпа ку вăл пирĕн çĕршывра пурăнакан кашни çын пуçне пĕрер тоннăна яхăн тырă туса илмеллине пĕлтерет.

Тĕштырăпа пĕрлех ситес пилĕкçуллăхра ытти культурăсем туса илессине те нумай ÿстерме палăртнă. Тĕслĕхрен, 1955 çулхипе танлаштарсан, 1960 çулта техникăлла культурăсемпе пахча çимĕçсем туса илесси çакăн чухлĕ ÿсмелле: йĕтĕн сÿсĕ—135 процент, сахăр кăшманĕ—154 процент, çĕрулми — 185 процент, пахча çимĕç—218 процент.

Тĕштырă туса илессине хăвăрт ÿстерме çĕнĕ çĕрсемпе усă курни нумай пулăшать. Халиччен сухаламан тата нумай çулсем хушши сухаламасăр выртнă çĕрсем çинче тырă акасси кăçал 30 миллион гектара çитмелле.

Тĕштырă хуçалăхне малалла аталантарас тата выльăх апачĕн никĕсне çирĕплетес шутпа 1960 çулта колхозсемпе совхозсенче кукуруза акакан лаптăк 28 миллион гектартан кая мар пулмалла. Пирĕн республикăра кăçал кукуруза акнă лаптăк пĕлтĕрхинчен 50 пин гектар ытларах пулмалла, пурĕ 80 пин гектара çитмелле.

Ултăмĕш пилĕкçуллăхра тухăçлă пулакан тĕштырă культурисен сорчĕсене акасси пур çĕрте те анлăн сарăлмалла.

Тырпулсене пухса кĕртнĕ чухне тăкаксене чакарасси çине тимлĕн пăхмалла. Тăкаксенчен хăтăлас шутпа тырпулсене кĕске срокра—10 кунтан кая юлмасăр пухса кĕртмелле. Çав шутпах тата тырпулсене валтан вырса пулăтарса пухса кĕртес меслетпе анлăн усă курмалла.

Хуласемпе промышленность центрĕсенче пурăнакан çынсен апатсимĕçне лайăхлатас шутпа хуласем тавра çĕрулми тата пахча çимĕç лартса тăвасси уйрăмах вăйланмалла.

Тырпул тухăçлăхне ÿстерес задача ялхуçалăхĕ умне лартнă тĕп задачăсенчен пĕри пулса тăрать. Тырпул тухăçлăхĕ енĕпе ку таранччен пирĕн çĕршыв юласа пынă. Пирĕн республикăри колхозсем те чылайăшĕ тырпула сахал туса илеççĕ. Иртнĕ çулта республикăри колхозсем вăтам шутпа гектартан 10 центнер тырă пухса кĕртнĕ пулсан, кăçал пирĕн сахалтан та 13 центнертан кая мар тырă пухса кĕртме тăрăшмалла. Республикăра малта пыракан колхозсем тахçантанпах ĕнтĕ кашни çулах гектартан 18—20-шер центнер е унтан та ытларах тырă пухса кĕртеççĕ.

Пĕтĕм çĕршывĕпе пур çĕрте те кашни гектартан 100-шер пăт тĕштырă туса илсен, хальхи лаптăксем çинчен эпир çулсерен 12-шер миллиард пăт ытларах тĕштырă туса илнĕ пулăттăмăр.

Тырпул туса илессине хăвăрт вăйлатма палăртнипе пĕрлех, парти çав задачăсене пурнăçлама материалла-техникăлла никĕс туса пама та хытă тăрăшать. 1956—1960 çулсем хушшинче промышленность ялхуçалăхне çакăн чухлĕ çĕнĕ машинăсем памалла: тĕштырă комбайнĕсем—560 пин, жнейкăсем (виндроуерсем)—180 пин, çулнă тырра пухмалли машинăсем—400 пин, силос нурăнне пухса кĕртмелли комбайнсем—250 пин.

Халĕ пирĕн уйсенче пурĕ 1.400.000 трактор, 350.000 комбайн ĕçлет.

Ситес пилĕк çул хушшинче ялхуçалăхĕ пурĕ 1.650.000 трактор илет (15 лаша вăйлă трактор çине куçарсан). Çав шутран 680 пин трактор пропашной культурăсене пухса кĕртмелли тракторсем пулаççĕ.

Халĕ пирĕн республикăра уй-хир ĕçĕ 94 процент таран механизациленнĕ пулсан, ситес пилĕкçуллăхра вăл пĕтĕмпе тенех механизациленсе çитмелле.

Çĕнĕ пилĕкçуллăхра промышленность ялхуçалăхне минераллă удобренисем туса парасси хальхинчен икĕ хут ÿсмелле.

Ултăмĕш пилĕкçуллăхра уйрăмах обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç хăвăрт вăйланмалла. Съезд палăртнă тăрăх, 1960 çулта выльăх-чĕрлĕх продукцийĕ туса илессине, 1955 çулхипе танлаштарсан, çакăн чухлĕ ÿстермелле: аш-какай—200 процент, сĕт—195 процент, çăмарта—254 процент, çăм—185 процент.

Выльăх-чĕрлĕх продукцийĕ туса илес ĕçре те пама опытсем пур. Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозра пĕлтĕр сухаланакан кашни 100 гектар çĕр пуçне 40,5-шер центнер сысна ашĕ туса илнĕ. Йĕпреç районĕнчи Киров ячĕпе тăракан колхозра колхоз çĕрĕн кашни 100 гектарĕ пуçне 217,8-шер центнер сĕт суса илнĕ. Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозра кашни чăхран 127-шер çăмарта илнĕ. Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхозра çĕрĕн кашни 100 гектарĕ пуçне 116-шар килограмм çăм илнĕ.

Малта пыракансен опычĕ пирĕн чылай колхозсенче аш-какай, сĕт-çу тата ытти продуктсем туса илес ĕçре халиччен усă курман пысăк резервсем нумайăн çинчен калать.

Сыснасене массăллăн самăртас меслет, кашни сывă амана пĕрер хут çурлаттаричченех усрани—çаксем сысна ашĕ ытларах та ытларах туса илме май параççĕ, сысна ĕрчетес ĕçе колхоз производствин тупăшлă отраслĕ туса хураççĕ.

Сĕт туса илессине икĕ хута яхăн ÿстермелле. Калас пулать, халлĕхе пирĕн республикăри чылай колхозсенче питĕ сахал сĕт илеççĕ. Çав вăхăтрах çулталăкра ĕнерен 3-шер пин литр сĕт илекен доярккăсем те пур. Сăмахран, Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхоз доярки А. Селиванова юлташ пĕлтĕр кашни ĕнерен 3.311-шер литр сĕт суса илнĕ.

Кашни ĕнерен сĕт суса илессине ÿстерес пынипе пĕрлех колхозсенче ĕнесем ытларах усрамалла. Малта пыракан колхозсем халĕ кашни 100 гектар çĕр пуçне вăтам шутпа 10 ĕне усраççĕ. Выльăх апачĕн никĕсне çирĕплетсе пынă май малалла кашни колхозрах çавăн чухлĕ ĕне усрама май пулать. Малта пыракансем пек ĕçлесси, республика кăçалах вăтам шутпа кашни ĕнерен 1.500-шер литр суса илме, кашни 100 гектар çĕр пуçне 60 центнертан кая мар сĕт туса илме пултаратпăр.

Выльăх апачĕн никĕсне çирĕплетес ĕçре уйрăмах кукуруза пысăк вырăнта тăрать. Çавăнпа пĕрлех нумай çул ÿсекен курăксем акса тупни те выльăх апачĕ тĕлĕшпе тăракан ыйтăва татса пама çăмăллатать. Пирĕн тата улăх-сарансемпе кĕтÿ çÿретмелли вырăнсене лайăхлатас ĕç çине тимлĕн пăхмалла. Ку таранччен улăх-сарансенчен эпир ытла та сахал утă çулса илнĕ.

Ултăмĕш пилĕкçуллăхра ялхуçалăхĕнче те ĕç тухăçлăхĕ нумай ÿсмелле. Ĕç вăйĕ сахал пĕтернипе продукци нумайрах туса илмелле пултăр тесе, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре механизмсемпе ытларах усă курмалла. Пуринчен ытларах электричество вăйĕпе усă курасси вăйланмалла.

Директивăсем тăрăх электрификациленĕ колхозсен хисепĕ çитес пилĕкçуллăхра хальхинчен икĕ хут ытларах пулмалла, совхозсемпе машина-трактор станцисене пурне те электрификациленсе çитермелле.

Колхозсенчи ялхуçалăх производствин мĕнпур отраслĕсене аталантарас тата колхозсене организацилле хуçалăх тĕлĕшĕнчен малалла тĕреклетсе пырас ĕçре машина-трактор станцисен ролĕ ÿссех пырать. МТС-сем аллинче вăйлă та кăткăс техника пур. Ялхуçалăх производствин лайăхланасси пĕтĕмпех механизаторсенчен килет. Организацилле ыйтусем енĕпе те МТС-сем вăйланаççĕ. Халĕ ĕнтĕ МТС-сем ялхуçалăх продукцине туса илессишĕн кăна мар, ялхуçалăх продукчĕсене хатĕрлессишĕн те ответлă пулса тăраççĕ.

Чăваш республикинчи колхозниксемпе колхозницăсен патриотла туйăмĕ пысăк. Воронеж облаçĕнчи колхозниксем чĕнсе каланине ырласа, республикăри чылай колхозсем çĕнĕ пилĕкçуллăхри ĕçсене çитес ик-виçĕ çулта пурнăçласа çитерме конкретлă плансем туса йышăнчĕç. Ултăмĕш пилĕкçуллăха срокчен пурнăçлассишĕн пĕтĕм çĕршыв тăрăх пыракан социализмла ăмăртура пирĕн республикăри колхозлă ĕçченсем хăйсен пултарулăхне тепĕр хут кăтартĕç.

### Халăх ырлăхĕшĕн тăрăшни

Директивăсенче производство хатĕрĕсем туса кăларассине 70 процента яхăн, халăха кирлĕ япаласем туса кăларассине 60 процента яхăн ÿстерме палăртнă. Çакна ăна пĕтĕмпех тĕрĕс тунă. Ку вăл пачах пирĕн çĕршывра çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçне иккĕмĕш вырăна хунине пĕлтермест. Йывăр промышленноçа пысăкрах хăвăртлăхпа аталантарса пымасан, пирĕн вара кирлĕ чухлĕ топливо, металл, электроэнерги, машинăсем пулмаççĕ, вĕсемсĕр промышленноçа халăха кирлĕ таварсем туса кăларма чĕртавар çителĕклĕ тăран парса тăма май килмест.

Çĕнĕ пилĕкçуллăхăн халăха кирлĕ таварсем туса кăлармашкăн майсем те, вăйсем те халиччен хинчен ытларах. Пĕррĕмĕшĕнчен, ултăмĕш пилĕкçуллăхра апат-çимĕç промышленноçĕ ялхуçалăх чĕртаварĕ нумайрах илсе тăма тытăнать. Иккĕмĕшĕнчен, 1955—1960 çулсенче искусственнăй тата синтетически чĕртавар туса кăларасси ÿсет.

Совет çыннисем çултан-çул лайăхрах тумланса çÿреме, тутлăрах апатсем çиме пуçлĕç. Акă, çак пилĕкçуллăхра мĕнпур йышши пир-авăр—çĕр мамăкĕнчен тĕртсе тунă пир-авăр, çăм пир-авăр, йĕтĕн пир-авăр, пурçăн пир-авăр туса кăларасси 9 миллиард та 263 миллион метра çити ÿсет; çĕленĕ япаласем 78 миллиард тенкĕлĕх, атă-пушмак 455 миллион мăшăр ытларах туса кăлараççĕ. Çĕвĕ машинисем 1955 çулхинчен 3 миллион та 780 пин штук, мотоциклсем 395 пин штук, велосипедсем—4 миллион та 230 пин штук ытларах туса кăлараççĕ.

Апат-çимĕç промышленноçĕн чи кирлĕ продукчĕсене туса кăларасси калăпăшĕ 1960 çулта 1955 çулхинчен нумай ÿсмелле: сахăр 6 миллион та 530 пин тонна, е икĕ хут ытларах туса кăлармалла, пулă—4 миллион та 200 пин тонна, е 2 миллион та 500 пин тонна ытларах хатĕрлемелле.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви халăх ырлăхĕшĕн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшаççĕ. Ĕççынисен пурнăçĕ çултан-çул лайăхланса пырать. Иртнĕ пилĕкçуллăхра наци тупăшĕ 68 процент, рабочисемпе служащисен реальнăй ĕç укçи 39 процент, колхозниксен тупăшĕсем—50 процент ÿснĕ. Халăха государство тата кооперации суту-илÿ организацийĕсем урлă 1950—1955 çулсенче таварсем сутăсси унчченхи пилĕкçуллăхринчен 1,9 хут ÿснĕ. Государство пурăнмалли çуртсем тума иртнĕ пилĕкçуллăхра укçа-тенкĕ тăваттăмĕш пилĕкçуллăхринчен 2,2 хут ытларах уйăрса панă.

Ку вăл—пысăк çитĕнÿсем туни пулать. Анчах аслă Ленин пăхса çитĕнтернĕ парти ниçхан та халиччен тунă çитĕнÿсемпе лăпланса тăмасть. Ултăмĕш пилĕкçуллăхра ĕççыннисен пурнăçне чылай лайăхлатма тата культурине малалла ÿстерме палăртнă. Наци тупăшĕ 60 процента яхăн ÿсет. Çакна май рабочисемпе служащисен реальнăй ĕç укçи вăтам шутпа 30 процента яхăн пысăкрах пулать, колхозниксен мĕнпур тупăшсем 40 процент ытларах пулаççĕ.

Партии XX съезчĕ рабочисемпе служащисен тата колхозниксен пурнăçне лайăхлатма кирлĕ мерăсене палăртрĕ. Съезд хыççăн вăхăт нумай та иртмерĕ—партипе правительство палăртнă ĕçсене пурнăçлама тытăнчĕç те. Кăçалхи мартăн 10-мĕшĕнчен пуçласа рабочисемпе служащисен ĕç кунне канмалли кун умĕн тата праçниксем умĕнхи кунсенче икĕ сехет чакарнă та ĕнтĕ. Ку вăл—рабочисемпе служащисене майĕпен 7 сехетлĕ ĕç кунĕ çине, çĕр кăмрăк тата сăрт-ту промышленноçĕнчи тĕп профессиллĕ, çĕр айĕнче ĕçлекен рабочисене тата 16 çултан пуçласа 18 çула çитиччении çамрăксене—6 сехетлĕ ĕç кунĕ çине куçарас ĕçĕн пуçламăшĕ.

Çак кунсенче КПСС Центральнăй Комитечĕпе ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ «Ялхуçалăх артелĕн Уставĕ çинчен тата колхоз производствине организацилес, артель ĕçĕсене йĕркелесе пырас тĕлĕшпе колхозниксен пуçарăвне малалла вăйлатасси çинчен», «Колхозниксене кашни уйăхра аванс парасси тата колхозсенче ĕçшĕн хушса тÿлесси çинчен» тата «Обществăлла апатлану предприятийĕсен ĕçне лайăхлатмалли мероприятисем çинчен» пысăк пĕлтерĕшлĕ постановленисем йышăнчĕç.

Парти ача амăшĕшĕн—нумай семьеллĕ тата пĕччен хĕрарăмсемшĕн, инвалидсемпе ватăлнă çынсемшĕн, студентсемшĕн хытă тăрăшать. Ултăмĕш пилĕкçуллăхра ача амăшĕсене çĕнĕ çăмăллăхсем параççĕ. Сăмахран, йывăр çын пулнă вăхăтра тата ача çуратнă хыççăн отпуск хушса параççĕ. Государство 1960 çулта рабочисемпе служащисене пособисем тата социальнăй страховани тăрăх тÿлеме, социальнăй обеспечени енĕпе пенси пама, нумай ачаллă тата пĕччен амăшсене пособи пама, институтсемпе техникумсенче вĕренекенсене стипенди парса тăма, тÿлевсĕр медицина пулăшăвĕ пама, санаторисемпе канмалли çуртсене кайма тÿлевсĕр тата йÿнĕ хакпа путевкăсем пама 210 миллиард тенкĕ, е 1955 çулхинчен 56 миллиард тенкĕ ытларах, расходлама палăртнă.

Çĕнĕ вĕренÿ çулĕнчен пуçласа вăтам шкулсен аслă класĕсенче, специальнăй вăтам шкулсенче тата аслă шкулсенче вĕреннĕшĕн укçа тÿлеттермеççĕ.

Парти уйрăмах наукăпа культурăна аталантарас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем тума палăртнă. Ултăмĕш пилĕкçуллăхра хуласемпе ялсенче пурне те вăтам пĕлÿ парассине, тĕпрен илсен, пурнăçламалла, аслă тата вăтам шкулсенче специалистсем ытларах хатĕрлемелле, каçхи шкулсенче тата заочно вĕренессине сармалла, хуçалăхпа культура строительствин хальхи ыйтăвĕсене татса парас ĕçре наука рольне ÿстермелле.

Халăх валли çĕнĕ пилĕкçуллăх вĕçленнĕ тĕле çулталăкра пысăк кинокартинăсем 120-рен кая мар ÿкермелле. ССР Союзĕн Культура министерстви енĕпе кăна 500 пин вырăнлăх, е иртнĕ пилĕкçуллăхринчен 4 хут нумайрах, кинотеатрсем туса лартмалла. Радиовещани станцийĕсен хальхи вăхăтри хăвачĕсене пилĕкçуллăхра 90 процента яхăн ÿстермелле. Телевидени станцийĕсем тăвасси çултан-çул сарăлса пымалла. 1960 çул тĕлне çĕршывĕпе çавăн пек станцисем 75-рен кая мар пулать.

Библиотекăсемпе клубсен, ытти культура учрежденийĕсен хисепĕ, çавăн пекех кĕнеке-хаçат кăларасси малалла ÿсет.

1960 çулта, 1955 çулхипе танлаштарсан, больницăсенчи койкăсен шутне 28 процента яхăн, ача яслисенчи вырăнсен шутне—44 процент, ача садĕсенчи вырăнсен шутне—45 процент, санаторисенчи вырăнсен шутне—10 процент, канмалли çуртсенчи вырăнсен шутне—13 процент ÿстереççĕ. Çĕнĕ больницăсем, ача яслисемпе садĕсем, сывлăх учрежденийĕсем, инвалидсемпе ватăлнă çынсем пурăнмалли çуртсем ытларах лартмалла.

1956—1960 çулсенче хуласенче, рабочи поселоксенче тата ялсенче государство укçипе пурăнмалли çуртсем пĕтĕмпе 205 миллион тăваткал метра яхăн лартаççĕ. Ку вăл — иртнĕ пилĕкçуллăхринчен икĕ хута яхăн нумайрах. Çавăн пекех коммунальнăй предприятисен, хула транспорчĕн ĕçне чылай лайăхлатмалла.

Ĕçлев сыхласси, çавăн пекех физкультурăпа спорт вăйлăн аталанмалла.

Ултăмĕш пилĕкçуллăхра пирĕн республикăри ĕççыннисен пурнăçне малалла лайăхлатас, культурине ÿстерес тĕлĕшпе тăвакан ĕçсем те питĕ пысăк. Çак пилĕкçуллăхра республикăра уйрăмах шкулсем валли çĕнĕ çуртсем тăвас ĕçе вăйлатмалла. Культурăпа çутĕç учрежденийĕсен хисепĕ, вĕсен ĕçĕн пахалăхĕ чылай ÿсмелле. Çĕнĕ клубсен çурчĕсемпе культура çурчĕсем лартмалла.

Халăх сывлăхне сыхлас ĕç вăйланмалла. Кăçалах ĕнтĕ Шупашкарта республикăри больницăн çĕнĕ çуртне туса пĕтерсе ĕçе ямалла. Больницăсенчи койкăсен шучĕ çĕнĕрен чылай ÿсмелле.

Çапла ĕнтĕ, ултăмĕш пилĕкçуллăх планĕн кашни цифри партипе правительство халăх ырлăхĕшĕн ырми-канми тăрăшнине кăтартать. Ултăмĕш пилĕкçуллăхăн задачисем чăннипех те пысăк. Апла пулин те пирĕн совет халăхĕ вĕсене ăнăçлăн пурнăçлатех.

Нимĕн иккĕленмелли те çук, Коммунистсен партийĕ, ленинла Центральнăй Комитет ăслăн ертсе пынипе, унри мĕнпур йывăрлăхсемпе чăрмавсене хăюллăн çĕнтерсе, совет халăхне коммунизм обществин тăвас çулпа çĕнтерÿллĕ утăмсемпе малтан-малалла илсе пырĕ.

---

*Çĕрĕçпе выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе хăвăрт çĕклентермелле. 1960 çулта тĕштырă туса илессине пĕтĕмпе 180 миллион тоннăна (11 миллиард пăта) çитермелле. Пилĕк çул хушшинче техникăлла культурăсем, çĕрулми, пахча çимĕç тата выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илессине пĕтĕмпе çакăн чухлĕ ÿстермелле: çĕр мамăкĕ-сырец туса илессине 1960 çулта, 1955 çулхипе танлаштарсан, 156 процент ÿстермелле, йĕтĕн сÿсĕ туса илессине—135 процент, сахăр кăшманĕ туса илессине—154 процент, çĕрулми туса илессине—185 процент, пахча çимĕç туса илессине—218 процент, аш-какай туса илессине—200 процент, сĕт суса илессине—195 процент, çăмарта туса илессине—254 процент, çăм туса илессине—182 процент.*

**КПСС XX съезчĕ ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли ултăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă Директивăсенчен.**

---

«Коммунистсен партийĕ халăх пурнăçне лайăхлатас, Тăван çĕршыва чечеклентерес тĕллевпе палăртса хунă аслă программа пире пурне те çĕнĕ паттăр ĕçсем тума хавхалантарать,—тенĕ партии XX съезчĕн трибуни умĕнче Мускаври станоксем тăвакан «Красный пролетарий» заводри паллă токарь Н. М. Кузьмин.—Тăван çĕршыв куллен-кун илемлĕрех те пуянрах пулса пынине, хамăр çĕршыври çутă малашлăх—коммунизм обществи уççăнрах та уççăнрах тухса тăнине туйса илетĕн те лайăхран та лайăхрах ĕçлес килет.

...Иртнĕ пилĕкçуллăхра эпĕ 25 çул нормине тултартăм. Хальхи вăхăтра 1975 çул плучĕпе ĕçлетĕп. Çак çĕнĕ пилĕкçуллăхра та эпĕ, ĕç хăвăртлăхне чакармасăр, 25 çул нормипчен кая мар тултарма тăрăшатăп».

Совет халăхĕ—çĕнтерÿçĕ-халăх. Унăн творчествăлла активлăхĕ, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, тĕлĕнмелле чаплă ĕçсем тăвать. Вăл ĕмĕрсем хушши никам парăнтарайман пысăк юханшывсене усăллă ĕçе кÿлет, хăватлă атом энергийĕпе мирлĕ ĕçре усă курать, халиччен никам ура ярса пусман темĕн талкиш çĕрсене сухаласа акса, вăйлă тырпул туса илет.

Чăнах, халлĕхе эпир Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсене кашни çын пуçне промышленность продукцийĕ туса илес енĕпе те, промышленность производствин пĕтĕм калăпăшĕ енĕпе те хуса çитеймен-ха. Анчах пирĕн çĕршывра промышленность аталанăвĕ инхăш çĕршыврисенчен те хăвăртрах пулса пырать. Çакă вăл пире хамăрăн экономикăри тĕп задачăна историлле кĕске срокра пурнăçлама çирĕп шанчăк парать.

Совет государствине туса хунăранпа 38 çул хушши пурăнатпăр пулсан, вĕсенчен 18 çулĕ вăрçăсенче тăшмана хирĕç çапăçас тата вăрçăсем юхăнтарса хăварнă хуçалăха ура çине тăратас ĕçре иртсе кайрĕ. Вăрçăсем пулман пулсан, ССР Союзĕн промышленноçĕ 1955 çултах ĕнтĕ 75 миллион тонна хурçă, 560 миллион тонна çĕр кăмрăкĕ, 125 миллион тонна нефть, 250 миллиард киловатт-сехет электроэнерги, 40 миллион тонна цемент туса кăларнă пулĕччĕ. Çапла вара ултăмĕш пилĕкçуллăхра эпир промышленность продукцийĕн пĕтĕм калăпăшĕ енĕпе те, чи кирли нумай продуктсем туса кăларас енĕпе те Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсенчи хальхи шая çитсе иртсе кайнă пулăттăмăр.

Ултăмĕш пилĕкçуллăхри ĕçсен калăпăшĕ çакăнтан та лайăх курăнать: 1929 çулта эпир пĕррĕмĕш пилĕк çуллăх план вĕçленнĕ тĕле 22 миллиард киловатт-сехет электроэнерги туса илес задача лартнă пулсан, халĕ ĕнтĕ эпир хăюллăнах 1960 çулта 320 миллиард киловатт-сехет электроэнерги, е пĕтĕм тĕнчипе туса кăларакан мĕнпур электроэнергин чĕрĕкне туса кăларас питĕ пысăк задача лартрăмăр.

*Ултăмĕш пилĕкçуллăхра ĕç кунĕн вăрăмăшне палăртса хунă чухлĕ чакарсан, кашни рабочипе служащи ĕçрен пушă вăхăчĕ халиччен хинчен вăтамран çулталăкне 360 сехет ытларах пулать.*

*Вĕренме, культурăллă канма, семьере ытларах пулма, çамрăк ăрăва пурнăçăн анлă çулĕ çине тухма пулăшма, культурăпа ăслăлăх пуянлăхне лайăхрах тивĕçтерме мĕн тери пахă майсем,—акă мĕншĕн тав тăвать совет халăхĕ тăван Партипе Правительствăна!*

# Вăрлăх хатĕрлеме васкамаççĕ

МТС-ăн главнăй агрономĕ А. Вязов юлташ районти колхозсенче вăрлăх хатĕрлес ĕç мĕнле пыни çинчен çав тери лăпкăн каласа парчĕ.

— Ĕçлевелетпĕр-ха,—терĕ вăл, сводка çине пăхса.—Куйбышев ячĕпе тата Молотов ячĕпе тăракан колхозсем, акă, мартăн 1-мĕшĕ тĕлнех хатĕрлесе çитерчĕç. «Красный флот», «Родина» тата Ленин ячĕпе тăракан артельсем те вăрлăх хатĕрлес енĕпе тăрăшса ĕçленине палăртмалла. Ыттисем те тасаткалаççĕ...

Главнăй агроном ырă енĕпе урăх пĕр колхозăн ятне те асăнаймарĕ. Чăннипе илсен, районта вăрлăх хатĕрлес ĕç тÿсме çук ипăх пырать. Нумай колхозсем мартăн 10-мĕшĕ тĕлне çитсе те вăрлăха лабораторие илсе пырса тĕрĕслеттермен, вĕсем хăйсен вăрлăхĕ акма юрăхлипе юрăхлă маррине халĕ те пĕлмеççĕ. Районти 34 колхозран 24 колхозра пĕтĕм вăрлăхăн çуррине те тасатса хатĕрлемен. Суворов ячĕпе тăракан колхозра пĕр культурăна та акма юрăхлă туса çитермен. Районĕпе илсен, мартăн 10-мĕшĕ тĕлне 1.714 центнер сурхи тулă, 3.061 центнер сĕлĕ вăрлăхĕ кондициллĕ мар. Пĕрремĕш класлă вăрлăх районти пĕр колхозра çеç хатĕрленĕ. Кантăр вăррине 20 центнер кăна е пĕтĕм вăрлăхăн 10 проценчĕ чухлĕ çеç тасатнă. Клевер вăрлăхĕ пĕр грамм та хатĕрлемен.

Вăрлăх тасатас ĕçе хăвăртлатма МТС сортировкисемпе усă курмашки хытă чăрмантарать. Машина-трактор станцийĕн тĕштырăсемпе пăрса йышши культурăсене сортласа тасатма «ОС-1» тата «ОС-3» йышши пилĕк машина пур, анчах вĕсем пĕр колхозран тепĕр колхоза куçмаççĕ. Çавна пула хăватлă машинăсем чылай чухне ĕçлемесĕр лараççĕ. Кадыков ячĕпе тăракан колхоза, сăмахран, февраль уйăхĕн малтанхи кунĕсенчех «ОС-3» сортировка илсе пынă, анчах кунта унпа кирлĕ пек ĕçлемеççĕ. Сталин ячĕпе тăракан колхозра та «ОС-1» сортировка икĕ эрнене яхăн ахалех ларать. Çав вăхăтрах уйрăм артельсем вăрлăх тасатас ĕçре пысăк чăрмавсем тÿсеççĕ.

«Коммунизм» колхозра «ВМ-2» йышши пĕчĕк сортировкăна сĕлĕ аласçĕ.

— Пĕр хутчен аларăмăр-ха, анчах ĕç йăнăçаймарĕ,—тет колхоз председателĕ В. Данилов юлташ.—Лабораторире акма юрăхсăр, терĕç. Ку сортировкăна аласан, сĕлĕн пулса çитмен пĕрчисем уйăрăлмаççĕ. Халĕ витĕ ĕçе урăхла йĕркелеме шутларăмăр: малтан çавра алапа алатпăр, унтан «ВМ-2» сортировка витĕр тепĕр хут кăларатпăр. Теп, май килĕ.

Çапла ĕçленипе колхоз пысăк сухатусем тÿсет. Сĕлĕ вăрлăхне икĕ хут аланипе кăна 155 ĕçкунĕ ытла тăкакланă, анчах уссине пурпĕрех кĕтме йывăр. «Коммунизм» колхоз правленийĕ МТС-ран «ОС-3» сортировка ярса пама темиçе хутчен те ыйтнă. Ялти коммунистсем çак ыйтăва КПСС райкомĕнче те çĕкленĕ. Анчах вĕсем ыйтăвне тивĕçтермен-ха.

Колхоз правленийĕ ытти вăрлăха тасатас ĕçе те çителĕклĕ ертсе пымасть. Бригадăсене вăрлăх тасатас енĕпе уйрăм заданисем панă, анчах вĕсене мĕнле пурнăçланине вăхăтра тĕрĕслемеççĕ. Вăрлăх тасатас енĕпе Н. Орлова Д. Данилов юлташсем ертсе пыракан бригадăсем уйрăмах начар ĕçлеççĕ. Колхоз агрономĕ Егорова вăрлăх хатĕрлес ĕçпе начах интересленмест.

КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ «Çĕрулмипе пахча çимĕç туса илессине тата хатĕрлессине ÿстересси çинчен» йышăннă постановленине палласа хыççăн, колхоз çĕрулмипе пахча çимĕç лартмалли лаптăксене нумай пысăклатма палăртнă. Çĕрулми 57 гектар, пахча çимĕç 9 гектар лартмалла. Артелĕн çĕрулми вăрлăхĕ 700 центнер çитмест. Ăна урăх культурăсемпе улăштарса илме май пур. Çак ĕçе вара темшĕн васкаса тума шутламаççĕ. Вăрлăхлăх уйăрнă çĕрулмие висĕ подвала хунă, анчах вĕсене мĕн кĕркуннеренпех уçса пăхман.

Артель пайăхи куна çитсе те МТС-па договор туман. Çакă та ĕçре пысăк чăрмав кÿрет. МТС, договор туманнине пула, колхоз умĕнче хăйĕн ответлăхне туймасть, ăна вăрлăх тасатас ĕçре пулăшмасть.

Районта вăрлăха сыхласа усрас ĕçре те пысăк çитменлĕхсем пур. «Правда» колхозра, сăмахран, вăрлăхлăх çĕрулмине 15—20 тонна чухлĕ шăнтса пăснă. Анчах колхоз руководителĕсене çакă нимĕн чухлĕ те пăшăрхантармасть.

— Нимĕн те хăрамалли çук,—тет колхоз председателĕ А. Кириллов юлташ,—шăннă пултăр, анчах апир пусăри çĕрулмине те вăрлăхлăх илме пултаратпăр.

Кĕркунне вылăхсене çитерме уйăрнă çĕрулмине пусса чавса хунă иккен. Пусăра çĕрулми мĕнле упраннине вара никам та пĕлмест.

Шупашкар районĕнчи, уйрăмах хула çывăхĕнчи колхозсен, çĕрулмипе пахча çимĕç ытларах туса илме тăрăшмалла. Çапла тума КПСС обкомĕпе Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ те йĕтартса панă. Чăннипе вара район руководителĕсем çак пысăк ĕçе хакламаççĕ. 1955 çулта районта 1.900 гектар çĕрулми лартнă пулсан, кăçал 1.800 е пĕлтĕрхинчен 100 гектар сахалтарах лартма палăртнă.

— Вăрлăхĕ çук, çавăнпа пулса тухрĕ-ха ку,—теççĕ район руководителĕсем.

Ку тĕрĕс мар. Çĕрулми вăрлăхĕ районтах нумай тупма пулать. Акă, сăмахран, «Красное знамя» колхоз çак кунсенче Сталин ячĕпе тăракан колхозран 150 центнер çĕрулми вăрлăхĕ улăштарса илнĕ. Вăрлăхран ытлашши çĕрулми «Красный флот», Молотов ячĕпе тăракан колхозсенче те пур. Колхозниксенчен илсен те çĕрулми чылай хатĕрлеме пулать. Хăшпĕр артельсенче вăрлăх валли пала çĕрулмине сыхласа çитереççĕ. Çав çĕрулмин пусăсене касса хăварсан те сахал мар вăрлăх тума май килет. Районта çак ыйтупа халичченех никам та интересленмен.

Колхозсенче пахча çимĕç культурисен вăрлăхĕсем те çук-ха.

Тĕштырă культурисен пахалăхне лайăхлатса пырас тĕллевпе районти колхозсене «Заготзерно» пунктĕнчен 630 центнер сортлă вăрлăх улăштарса илме ирĕк панă. МТС-ра çак ĕçе график туйипех ирттересе ыш шутлаççĕ. Анă çапла ертсе пынин результачĕ: паянхи куна 390 центнер вăрлăх улăштарман.

Сурхи ĕçсен пуçланиччен шутлă кунсем юлчĕç. Халĕ кашни колхозрах сурахине хатĕрлемес ĕç мĕнле пынине тепĕр хут тĕплĕн тĕрĕслесе тухмалла. Вăйлă тырпула шăн пыракан кĕрешÿре вăрлăх чи пысăк вырăн йышăнать. Шупашкар районĕнчи колхозсен вăрлăх хатĕрлесе çитерме пĕтĕм вăй хурса тăрăшмалла, çак ĕçре тăтăлă улшăну тумалла.

«Коммунизм ялавĕ» хаçат бригади:
**В. ВАСИЛЬЕВ.**
**А. НИКОЛАЕВ.**
**А. ТИМОФЕЕВ.**

# Çĕнĕ пилĕкçуллăхăн пĕрремĕш çулĕнче

ПЕРВОМАЙСКИ. Маленков ячĕпе тăракан колхоз—районти пысăк ялхуçалăх артелĕсенчен пĕри. Иртнĕ çулсенче артель членĕсем обществăлла хуçалăха малалла аталантарас тĕлĕшпе палăртмалла çитĕнÿсем турĕç.

1955 çулта колхоз пĕтĕм çĕр лаптăкĕ çинче кашни гектартан 15-шер центнер тĕштырă пухса кĕртнĕ. Уйрăм участоксенче тырпул тухăçлăхĕ тата пысăкрах: 81 гектар çинчен 21,7-шер центнер пăрса, 117,5 гектар çинчен 28,7-шер центнер сĕлĕ, 112 гектар çинчен 16,1-шер центнер ыраш, кашни гектартан 16-шар центнер урпа тата сурхи тулă туса илнĕ. 84 гектар çинче кукуруза акнă, кашни гектартан 350-шар центнер симĕс масса пухса кĕртнĕ. Агротехникăна тĕплĕн пурнăçласа пынă участокра кукуруза тата тухăçлăрах пулнă. Çапла, 2-мĕш уй-хир бригади 10 гектар çинчен кашни гектартан 500-шер центнер симĕс масса пухса кĕртнĕ. Колхоз пĕлтĕр пурĕ 1.200 тонна кукуруза силосĕ (е кашни ĕне пуçне 6-шар тонна) хывса хăварнă.

Обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе палăл çитĕнÿсем тунă. Çав çитĕнÿсене тума колхозра выльăх апачĕ ытлăн-çитлĕн хатĕрлени, выльăхсене пăхас ĕçе лайăхлатни, выльăх-чĕрлĕхсем валли лайăх çурт-йĕрсем туса пани пулăшрĕ.

Колхозăн укçа-тенкĕ тупăшĕ çулсеренех ÿсе пырать. 1955 çулта артель миллионер пулса тăчĕ.

Анчах колхозниксем тунă çитĕнÿсемпе кăмăлланса лармаççĕ. КПСС XX съезчĕ панă Директивăсене сÿтсе явнă май вĕсем ултталĕш пилĕкçуллăхăн пĕрремĕш çулĕнчех колхозăн обществăлла хуçалăхне хăвăрт ÿстерме кирлине палăртрĕç.

1956 çулта колхозниксем кашни гектартан вăтам шутпа 16 центнертан кая мар тĕштырă туса илме тăрăшаççĕ. Кăçал уйрăмах [illegible] туса илессине ÿстересçĕ, ăна 180 гектартан кая мар акса хăвараççĕ; кашни гектартан 350 центнертан кая мар симĕс масса тата 35 центнертан кая мар вăрлăх пухса илессишĕн кĕрешеççĕ. Çĕрулмипе пахча çимĕçсен тухăçлăхне те чылай ÿстермелле.

Колхозниксем халĕ пиженсех çуракине хатĕрленеççĕ. Вăрлăхсем çителĕклĕ, вĕсене акма тасатса çитереççĕ. Уй-хире тислĕк турттарнă çĕрте куллен 12—15 лав ĕçлет. Колхозниксем пĕр уйăх хушшинче кăна уя 1.200 тонна тислĕк кăларчĕç, 50 тонна минераллă удобренисем кÿрсе килчĕç. Çанталăк ăшăтма пуçласанах уй-хире торф кăларма тытăнаççĕ.

Кăçал уй-хир, выльăх-чĕрлĕх ĕçĕсенчен пĕр миллион та 200 пин тенкĕ тупăш илмелле. Пĕлтĕр колхоз обществăлла выльăх-чĕрлĕхрен пурĕ 257 пин тенкĕ тупăш илнĕ пулсан, кăçал вăл тупăша икĕ хут ытла ÿстермелле. Çавăнпа та халĕ колхозра выльăхсене пăхас ĕçе татăклăн лайăхлатса пыраççĕ. Иртнĕ тăватă уйăх хушшинче кашни ĕнерен 396-шар килограмм сĕт суса илнĕ. Матрена Чернова доярка 4 уйăх хушшинче хăй пăхакан кашни ĕнерен 510-шар килограмм, Тамара Шайдукова—408-шар килограмм сĕт суса илчĕç. Доярккăсем хĕл каçиччен кашни ĕнерен 700 килограмран кая мар, çулталăкра 1.700 килограмран кая мар сĕт суса илессишĕн ăмăртаççĕ.

Кăçал сухалакан кашни 100 гектар çĕр пуçне 26,6 центнертан кая мар ашкакай илмелле. Çакна май 500 сысна самăртма, вĕсенчен 400 центнер аш илме палăртнă.

Çĕнĕ пилĕкçуллăхăн пĕрремĕш çулĕнче колхозра строительство ĕçĕсем анлăн сарăлмалла. Кăçал 100 ĕне вырнаçмалăх вите туса пĕтермелле. Кирпĕчрен 100-шер тонна вырнаçмалăх силос башнисем, лаша вити, тĕштырă типĕтмелли механизациленĕ сушилка, юсав мастерскойĕ, техникăлла культурăсем усрамалли сарай, хăмла сурмалли цех тумалла. Платниксемпе механизаторсем фермăсене çакса тунă тимĕр çулсем, водопровод кĕртеççĕ тата ĕне ферминче 127 вырăнлăх автопоилкăсем вырнаçтараççĕ.

**А. ТУКМАКОВ.**

### ИДЕНПА ГИ МОЛЛЕ ХУШШИНЧИ КАЛАÇУСЕМ ÇИНЧЕН

ЛОНДОН, мартăн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Енер каçхине Англи премьер-министрĕ Иденпа Франци министрĕсен совечĕн председателĕ Ги Молле хушшинчи калаçусем вĕçленнĕ. Ги Молле Лондона Иден чĕннипе пынă. Паян пичетлесе кăларнă официальнăй пĕлтерÿре çапла каланă: икĕ правительство пуçлăхĕсем тĕнчери тĕп ыйтусем, уйрăмăн илсен, ирĕклĕ тĕнчепе (урăхла каласан, капитализмла государствăсемпе.—Ред) совет блокĕ хушшинчи хутшăнусене, хĕçпăшалсăрланассине, Африкăна, Вăтам Хĕвелтухăçне пырса тивекен ыйтусем тĕлĕшпе хăйсен шухăшĕсене пĕр-пĕрне каласа панă. «Вĕсем,—тенĕ пĕлтерÿринче,—хăйсем Атлантика союзĕшĕн тăни, ирĕклĕ нацисен пĕрлĕхлĕ фронтне сыхласа хăварма тата çирĕплетсе пыма тăрăшни çинчен çĕнĕрен каланă.

Вĕсем пур çĕршывсен те тĕрĕслесе тăнипе хĕçпăшалсăрланассишĕн тăрăшнине, ООН-ăн хĕçпăшалсăрланас тĕлĕшпе ĕçлекен комиссийĕн подкомитечĕн пулас сессине пысăк вырăна хунине палăртнă».

Пĕлтерÿринче çапла каланă: Вăтам Хĕвелтухăç ыйтăвĕсене сÿтсе явнă чухне Ги Моллепе Иден хăйсен висĕ çĕршыв декларацийĕн (США, Англи тата Франци 1950 çулта йышăннă деклараци.—Ред.) никĕсĕ çинче, урăхла каласан, арабсен çĕршывĕсен шалти ĕçĕсене хутшăннипе палăртса тăракан деклараци никĕсĕ çинче ĕçлеме шутлани çинчен çĕнĕрен каланă.

Ги Моллепе Иден «Инçет Хĕвелтухăçĕнче, Вăтам Хĕвелтухăçĕнче тата Африкăра экономика енĕпе тăвакан ĕçсене пысăкрах вырăна хума кирлине палăртнă».

Вĕсем хăйсен пĕрлехи политикине пурнăçласа пырас шутпа тăтăшах канашлама кирлĕ тесе килĕшнĕ.

### ДЕЛИ ХУЛИНЧЕ АЧАСЕН ТВОРЧЕСТВИН ВЫСТАВКИ УÇАЛНА

ДЕЛИ, мартăн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Мартăн 11-мĕшĕнче Дели хулинче ачасен творчестви выставки уçăлнă. Ăна «Шанкарс уикли» журнал редакцийĕ организациленĕ. Выставкăна 57 çĕршыври, çав шутра Индири, СССР Союзĕнчи, Китай Халăх Республикинчи, Польшăри, Чехословакири, Венгрири, Югославири, Англири, Францири, Японири, США-ри тата ытти çĕршывсенчи ачасем 33 пине яхăн ÿкерчĕк тата 1.800 ытла сочинени ярса панă. Выставкăра кăтартма 2 пине яхăн ÿкерчĕк суйласа илнĕ. Кунсăр пуçне, выставкăра Индири, Совет Союзĕнчи, Японири, Францири тата ытти çĕршывсенчи ачасем туса хатĕрленĕ пукансене кăтартаççĕ.

### ДАЛЛЕС ИНДОНЕЗИНЕ ПЫНА

НЬЮ-ЙОРК, мартăн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Ассошиэйтед Пресс агентствин корреспонденчĕ Джакартăран пĕлтернĕ тăрăх, паян США государство секретарĕ Даллес Индонези столицине пынă. Унта вăл пĕр кун хушши пулать.

Аэродрома Даллеса хирĕç демонстрантсем тухнă. Вĕсем «СЕАТО тĕп пултăр!»—тесе кăшкăрнă.

Даллес пырса çитнĕ май хулара та демонстраци пулнă. Демонстрантсем «Пире вăрçă кирлĕ мар!»—тесе çырнă плакатсем çĕклесе пынă.

### АРАБСЕН ВИÇĔ ГОСУДАРСТВИН ПУÇЛĂХĔСЕН КАНАШЛĂВĔ ВĔÇЛЕННĔ

КАИР, мартăн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Арабсен виçĕ государствин пуçлăхĕсем—Египет президенчĕ Насер, Сири президенчĕ Куатли тата Саудовски Арави королĕ Сауд хушшинче пилĕк куна пынă канашлу вĕçленнĕ. Паян республика дворецĕнче пĕрле тунă заявлени çине алă пуснă. Ăна каярахпа пичетлесе кăлараççĕ.

Арабсен виçĕ государствин руководителĕсем хăйсен канашлăвĕнчи, хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, арабсен пурăнакан çĕршывсем пĕр-пĕринпе тачă çыхăнса ĕçлессине çирĕплетессипе тата араб халăхĕсене пĕтĕçтерессипе çыхăнса тăракан нумай ыйтусене сÿтсе явнă. Канашлура пулнисем арабсен государствисен оборонине вăйлатас, вĕсен политика, экономика тата çар тĕлĕшĕнчи ĕçĕсене пĕр-пĕринпе килĕштерсе туса пырасси çинчен сÿтсе явнă.

### АРАБСЕН ВИÇĔ ГОСУДАРСТВИН ПУÇЛĂХĔСЕМ ПĔЛТЕРНИ

ЛОНДОН, мартăн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентствин корреспонденчĕ Каиртан пĕлтернĕ тăрăх, мартăн 12-мĕшĕнче Египет, Сири тата Саудовски Арави государствисен пуçлăхĕсем пĕрле пĕлтернине пичетлесе кăларнă. Унта каланă тăрăх, вĕсем арабсен пурăнакан государствăсен хăрушсăрлăхне çирĕплетме, арабсен тĕнчин шанчăклă структурине сыхлама, ăна Израиль агрессийĕн хăрушлăхĕнчен тата ют çĕршывсем пуçпулса тăрасран хÿтĕлеме план туса хатĕрленĕ.

Арабсен государствисен руководителĕсем çапла каланă: арабсен çĕршывĕсемшĕн хăрушсăрлăх туса хурас шутпа арабсен тĕнчине хÿтĕлесси вĕсен чи çывăх ĕçĕ пулса тăмалла, ку ĕçе ют державăсен пайĕсене хутшăнмасăр туса пымалла.

### ЕГИПЕТПА ИЗРАИЛЬ ЧИККИНЧЕ

ПАРИЖ, мартăн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентстви пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер Газа районĕнче Израиль салтакĕсем Египет патрульне пăшалсемпе пенĕ. Пурĕ сур сехете яхăн персе тăнă.

Çавăнтанах пĕлтернĕ тăрăх, Израилĕн икĕ самолечĕ Эль-Ариш (Египетăн Синай сурутравĕ çинчи провинцийĕн центрĕ) тĕлĕнче вĕçсе çÿренĕ. Самолетсем çине Египетăн зенитнăй артиллерийĕ пенĕ.

# „Мирпе социализм ĕçне хывнă питĕ пысăк вăй“

*Великобританири Коммунистсен партийĕн исполнительнăй комитечĕ КПСС XX съезчĕн итогĕсем çинчен*

ЛОНДОН, мартăн 12-мĕшĕ. (ТАСС). «Дейли уоркер» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, мартăн 10—11-мĕшĕсенче Великобританири Коммунистсен партийĕн исполнительнăй комитечĕн ларăвĕ пулса иртнĕ. Унта партин генеральнăй секретарĕн помощникĕ Джордж Мэтьюз Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ çинчен доклад туса панă.

Мэтьюз çакна палăртнă: съезд материалĕсем марксизм-ленинизм теорине пуянлатакан паха документсем пулса тăраççĕ. Çак материалсенче тĕрлĕ çĕршывсем социализма куçса пымалли формăсем çинчен калакан теориллĕ положенисем пур. Вĕсем, докладчик каланă тăрăх, Великобританири рабочисен юхăмĕшĕн уйрăмах пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ.

Ларура партин генеральнăй секретарĕ Гарри Поллит сăмах тухса каланă. Совет Союзĕн политикăпа экономика тĕлĕшĕнчи çитĕнĕвĕсене кăтартса панă.

Исполнительнăй комитет КПСС XX съезчĕн решенийĕсене ырласа резолюци йышăннă, вĕсем «мирпе социализм ĕçне питĕ пысăк вăй хуни» пулса тăраççĕ, тенĕ.

«Ку решенисем,—тенĕ резолюцире,—миршĕн тăрăшакан мĕнпур аталанассишĕн питĕ паха, вĕсем Англири рабочисен юхăмĕшĕн уйрăмах пысăк пĕлтерĕшлĕ.

КПСС XX съездĕнче Н. С. Хрущев тунă доклад Совет Союзĕ мирлĕ политика тытса пынине çĕнĕрен çирĕплетсе парĕ. Вăл Совет Союзĕн политики пĕр-пĕрине мирлĕ пурăнмалли принцип çинче никĕсленнине тăнипе, Совет Союзĕн руководителĕсемпе совет халăхĕ мĕнпур халăхсемпе, çав шутра Великобритани халăхĕсемпе те мирлĕ, туслă çыхăнусем тытса пурăнма тăрăшнине татах тепĕр хут кăтартса парĕ.

Халăхсен вăйĕ, миршĕн пыракан юхăмăн вăйĕ тĕнчен виççĕмĕш вăрçи пуласçине сирсе яма çителĕклине кăтартса парса, съезд миршĕн тăракан мĕнпур çынсен шанчăкне татах та ытларах ÿстерчĕ, пĕтĕм тĕнчери миршĕн пыракан юхăма çирĕплетрĕ».

## Данири Коммунистсен партийĕн активĕн пухăвĕ

КОПЕНГАГЕН, мартăн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Копенгагенра Данири Коммунистсен партийĕн парти активĕн пухăвĕ пулса иртнĕ. Унта КПСС XX съездĕнче хăнасем вырăнĕнче пулнă çынсем—Данири Коммунистсен партийĕн представителĕ Аксель Ларсен тата партин Центральнăй Комитечĕн секретарĕ Иб Нёрлунд тухса каланă. Пухура КПСС XX съезчĕн ĕçĕсем çинчен Аксель Ларсенпа Иб Нёрлунд туса панă докладсене итленĕ.

«Ланд ог фольк» хаçат парти активĕн пухăвĕ çинчен калакан отчета тата Иб Нерлунд докладчĕн рефератне пичетлесе кăларнă. Унта КПСС XX съезчĕ мĕнне ĕçлени çинчен каласа панă. Иб Нерлунд хăйĕн докладĕнче çакна палăртнă: КПСС XX съезчĕ халăх вăйне, халăх Коммунистсен партине шанса тăнине кăтартса парĕ. Халĕ социализм нихçанхинчен те тĕреклĕрех, халăхсен позицийĕсем нихçанхинчен те вăйлăрах, съезд ним иккĕленмелле мар ĕнентерÿллĕн кăтартса пачĕ, тенĕ Иб Нерлунд.

## Италири ĕççыннисен кĕрешÿри çитĕнĕвĕсем

РИМ, мартăн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Италири металлургипе машинăсем тăвакан промышленноçри ĕççыннисем ĕçлев енĕпе çĕнĕ килĕшÿ тутарнă. Çак килĕшÿ çине Римра профсоюзсенпе предпринимательсен представителĕсем хушшинче темиçе уйăха пынă калаçусем вĕçленнĕ хыççăн алă пуснă.

Металлургипе машинăсем тăвакан промышленноçри ĕççыннисен профсоюз организацийĕсен (вĕсем Пĕтĕм Италири ĕçлĕх конфедерацийĕнче, христианла демократсен «Италири ĕççыннисен профсоюзĕсен конфедерацийĕнче тата социал-демократсен «Италири ĕçлĕх союзĕнче» тăраççĕ) представителĕсемпе металлурги предприятийĕсен тата машинăсем тăвакан предприятисен хуçисен представителĕсем алă пуснă çĕнĕ килĕшÿре рабочисен ĕç укçине 4 процент ÿстерме палăртнă. Анчах та профсоюзсен представителĕсем ĕçхĕрарăмĕсемпе арçынсен ĕç укçисене, çамрăксемпе çитĕннисен ĕç укçисене танлаштармалла тутарайман.

Калаçусем вăхăтĕнче Италири металлургсемпе металлистсем темиçе пысăк забастовка тунă, çĕршывра пур çĕрте те демонстрацисем организациленĕ, çакă вара килĕшÿ тутарас ĕçре пулăшнă.

## Японири рабочисен кĕрешĕвĕ

ТОКИО, мартăн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Японире профсоюзсен генеральнăй совечĕпе ĕççыннисен ытти пĕрлешĕвĕсем ертсе пыракан забастовкăллă кĕрешÿ сарăлнăçемĕн сарăлать. Киодо Цусин агентстви пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер уйрăм хуçасен чугун çулĕсем çинче тата автобус компанийĕсенче ĕçлекен рабочисен 16 профсоюзĕ забастовка пуçласси çинчен пĕлтернĕ. Рабочисем ĕç укçине ÿстерме ыйтаççĕ. Токиора Тобу чугун çул компанийĕнчи 15 пин рабочипе служащи забастовка пуçланă. Çак компани, çавăн пекех тепĕр 11 компании чугун çулĕсем çинче поездсем çÿреме чарăннă.

Японире государство предприятийĕсемпе учрежденийĕсенчи рабочисемпе служащисен забастовка тума право çук. Çакна кура Японири государство служащийĕсен профсоюзĕ хăйĕн членĕсене çавăн пек кăтарту панă: мартăн 12-мĕшĕнчен пуçласа 4 кунлăха «отпуска кайс» тактикăпа усă курăр, тенĕ. Ку профсоюз темиçе çĕр пин çынна пĕрлештерсе тăрать.

## Грецири событисем

АФИНЫ, мартăн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Хаçатсем çакăн çинчен пĕлтереççĕ: Кипр утравĕ çинчи Макариос архиепископа тата висĕ священнике арестлесе урăх çĕре янă пирки Грецире лару-тăру çав-çавах йывăр-ха.

«Акрополис» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, «Грецири пĕтĕм халăх тăрăхса çитнĕ». Англие хирĕç Афинăра, Салоникăра, Гераклиопра (Кипр утравĕ) демонстрацисем пулнă. Афинăра студентсем университет çурчĕ умĕнче Англи ялавне çунтарса янă, Англии «ВЕА» авиакомпани çуртĕн кантăкĕсене ватнă. Гераклиопра демонстрантсем Англи консульствин çуртĕнче пĕтĕмпех арпатса тăкнă. Салоникăра демонстрантсене полици хушшинче çапăçусем пулса иртнĕ. Демонстрантсем урамсенче баррикадăсем тунă, тăватă бронемашина тытса илнĕ. Пелопоннесра чрезвычайнăй лару-тăру чухнехи йĕрке туса хуни çинчен пĕлтернĕ.

Афина урамĕсенче салтаксен патрулĕсем çÿреççĕ. Англи, США тата Турци посольствисем умĕнче, çав çĕршывсен ытти учрежденийĕсем умĕнче çар подразделенийĕсем хурал тăраççĕ.

Грецин шалти ĕçсен вице-министрĕ çапла каланă: Салоникăри çапăçусем вăхăтĕнче 120 çынна амантнă. Полици влаçĕсене çĕршывра пур çĕрте те акăлчансен шкулĕсене хупса лартма приказ панă. Мартăн 10-мĕшĕнчен пуçласа Греци шкулĕсенче акăлчан чĕлхине вĕрентме чарнă.

Оппозицири партисен лидерĕсем пурте акăлчансен ĕçĕсене хытă сивлеççĕ, корона советне пухма, унта çĕршыври мĕнпур партисен руководителĕсене чĕнме требовани лартаççĕ, совет ларăвĕнче Кипр ыйтăвĕпе тытса пымалли политикăна палăртмалла, теççĕ.

Журналистсемпе калаçнă чухне Греци премьер-министрĕ Караманлис çакăн çинчен пĕлтернĕ: Грецин тулашри политикинче йывăр тапхăр пуçланчĕ, çĕршывăн шалти лару-тăрăвĕ сивĕчленсе çитрĕ, çавăнпа та правительство «çитес кунсенчех çĕршыври политикăлла мĕнпур вăйсен представителĕсемпе пĕрле Грецин тулашри политикин тĕп сул-йĕрĕ çинчен сÿтсе явать».

Мартăн 10-мĕшĕнче Греци ООН-ра яланхи представителĕ Христиан Паламас Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн генеральнăй секретарьне Хаммаршельда çыру панă, çав çырура Англи правительстви Макариос архиепископа ытти священниксене Кипр утравĕ çинчен кăларса янине хирĕç татăклăн протестленĕ.

Англи колонисен министрĕ Леннокс Бойд Кипр утравĕ çине пырсан, унпа Макариос архиепископ хушшинче пулса иртнĕ калаçусем çинчен çырура çапла каланă: «Англи сĕнĕвĕсем, çав шутра самоуправлени ыйтăвне пырса тивекенĕсем те, мăшкăлла сĕнÿсем пулчĕç... Калаçусем йăнăçлă пулманшăн пĕтĕмпех Англи правительстви ответ тытма тивĕç. Англи правительствин çак калаçусене пуçланă чухнех утрава ирĕклĕх парас шухăш пачах пулман... Çапла вара, Англи тĕллевĕ Кипр çинче колонири пек тытăм йĕркине сыхласа хăварасси, çакна тума мĕнпур майсемпе усă курасси пулса тăрать, ку вара факт...»

Çыру çапла вĕçленет: «Ирĕксĕрлес политикăна тата провокацилле ĕçсене хирĕç эпĕ питĕ хытă протестлетĕп. Çав ĕçсем ООН Уставне хирĕç пыраççĕ. Çав политика лару-тăрăва йывăрлатасси патне çеç илсе пыма пултарать тата çак пĕтĕм тĕнчери мире сыхласа хăварас енĕпе уйрăмах пысăк пĕлтерĕшлĕ районта çав тери хăрушлăх туса хурать».

Акăлчансен Кипр çинчи ĕçĕсене Греци хаçачĕсем татăклăн сивлеççĕ. Макариоса арестленине «Элефтерия» хаçат «вăрă-хурахла ĕç» тесе шутлать тата православи тĕнĕн Кипр утравĕ çинчи пуçлăхне унтан кăларса янине «Кипр халăхĕн ирĕклĕхшĕн пыракан юхăмне пуçлăхсăр тăратса хăварас тĕллевпе» тунă ĕç, тесе палăртать. Кипр архиепископне тата ытти священниксене хирĕç «намăссăр тата киревсĕр ĕçсем тунипе» акăлчансем хăйсен икĕпитлĕ таскине сирсе пăрахрĕç...», тесе çырать «Катимерини» хаçат. «Англи вут-хĕмпе тата хĕçпе ирĕклĕх сассине хупласа лартма тата Грецире пурне те хумхантаракан лару-тăру туса хума тăрăшать, анчах Кипр халăхĕ ирĕклĕхшĕн кĕрешме чарăнмĕ», тет хаçат.

# Татах тимлĕрех ĕçлеме пулаççĕ

КАНАШ. (Хамăр корр.). Хулари предприятисемпе артельсенче тата учрежденисемпе организацисенче ĕçлекенсем канмалли кун тата уяв умĕнхи кунсенче ĕç кунне икĕ сехет кĕскетесси çинчен СССР Верховнăй Совет Президиумĕ йышăннă Указа хавхаланса кĕтсе илчĕç.

— Совет правительстви пирĕншĕн тăрăшнине эпир куллен туйса тăратпăр,—тет литейно-сварочнăй заводри паллă тимĕрçĕ Н. Александров.—Улттăмĕш пилĕкçуллăхра ĕç укçине ÿстерме, ĕç кунне чакарма пăхнă. Ĕççыннисем валли апат-çимĕçпе промышленность таварĕсем кăларасси те ÿсет. Çакăншăн эпир партипе правительствăна чĕререн тав тăватпăр. Эпĕ халĕ нормăна 130—150 процент тултаратăп. Ĕç кунне чакарнă кунсенче те нормăна 150 процентран кая мар тултарса пыма пулатăп.

Мартăн 10-мĕшĕнче Александров юлташ нормăна 150 процент тултарнă.

Чугун шăратакан цехри рабочисем те, ĕç кунне чакарасси çинчен кăларнă Указпа хавхаланса, ĕç тухăçлăхне ÿстерсе пыма пулаççĕ.

—Эпĕ, Василий Шумиловпа ăмăртăва тухса, нормăна 130 процент тултарса пыма обязательство илтĕм,—тет формовщик С. Волков.—Канмалли кунсем тата уяв умĕнхи кунсенче ĕç вăхăчĕ икĕ сехет чакать пулин те, эпир продукци туса кăларассине нимĕн чухлĕ те чакармастпăр, татах та тимлĕрех ĕçлесе, ытларах продукци туса кăларма пулатпăр.

Иртнĕ канмалли кун умĕн заводри чылай рабочисем, ултă сехет çеç ĕçлерĕç пулин те, нормăна ирттерсе тултарчĕç.

## Чăваш совет музыкин концерчĕсем

**(5-мĕш тата 6-мĕш программăсем)**

Тунтикун Чăвашсен государство филармонийĕн залĕнче икĕ концерт пулса иртрĕ.

Кăнтăрлахи концерт программинче—чăваш композиторĕсен юрă творчестви. Тăван çĕршыв çинчен, социализмла ĕç çинчен хунă юрăсем ăшă-та çепĕç кĕвĕллĕ лирикăллă юрăсемпе, шÿтлĕ такмаксемпе ылмашаççĕ.

Программăри юрăсенчен уйрăмах Т. Фандеевăн, Г. Лебедевăн, Ф. Лукинăн тата А. Тогаевăн юррисене палăртмалла. Т. Фандеевăн халăх юрри майлă çырнă «Колхозниксен ĕç юрри», «Вĕçтĕр юрă Мускава», «Чыслă ĕç» тата «Кÿршĕ хĕрĕ»; Г. Лебедевăн «Тальянка», «Çаран çинче»; Ф. Лукинăн «Юрататăп, çĕршывăм, сана», «Хăна юрри», «Çĕршывăм, савăн»; А. Тогаевăн «Вăйăра» тата «Атăл касĕ» юрăсене итлекенсем нумайччен алă çупса кăмăлларĕç.

Лайăх юрăсенчен А. Токаревăн «Пирĕн яла пырса кĕрсен», Г. Хирбюн «Ах, пĕлесчĕ» тата Ф. Васильевăн «Ентĕ вăрман кашлать» юрăсене палăртмалла.

Каçхи программăра пысăк жанрлă симфониллĕ произведенисем пулчĕç. Вăл шутра—Г. Лисковăн тата Ф. Васильевăн симфониеттисем. А. Токаревăн сюиттинчи тата виолончель валли çырнă концертран илнĕ сыпăкĕсем, Г. Хирбюн «Тăван çĕршыв» ятлă 4 пайлă сюитти, Т. Фандеевăн «Телей чечекĕ» балетĕнчи уйрăм сыпăксем пулчĕç. Мускаври консерваторире вĕренекен М. Алексеев хăй çырнă концертне сĕрмекупăс каласа оркестрпа пĕрле выляса пачĕ.

Енер чăваш композиторĕсен съезчĕ тăваттăмĕш кун ĕçлерĕ. Кăнтăрла съезд участникĕсем «Пентатоникăн историйĕ, теорийĕ тата ăна пуянлатас ыйтусем» çинчен доклад итлерĕç. Докладчикĕ—Хусанти консерватори доценчĕ музыковед Я. М. Гиршман пулчĕ. Вăл хăйĕн докладĕнче пилĕк тонлă сасă йĕркине (вăл чăваш, тутар, мари музыкин никĕсĕ пулать) мĕнле майсемпе аталантарасси çинчен проблемăлла ыйтусене хускатрĕ.

Чăваш композиторĕсен произведенийĕсенчен йĕркеленĕ çиччĕмĕш концертăн программинче хорпа тата пĕччен юрламалли юрăсем 30 яхăн пулчĕç.

**Ю. ИЛЮХИН.**

### Д. А. ФУРМАНОВА АСАНСА

Мартăн 15-мĕшĕнче вырăссен паллă писателĕ Дмитрий Фурманов вилнĕренпе 30 çул тултарать. Çакна май республикăри М. Горький ячĕпе тăракан библиотека писатель произведенийĕсемпе унăн пурнăçĕ çинчен калакан кĕнекесен витринине йĕркеленĕ.

Выставкăра Д. Фурмановăн «Чапаев» романĕ, Е. Наумовăн Фурманов çинчен çырнă биографилле очеркĕ, авторсен коллективĕ кăларнă «Фурманов — писатель-большевик» тата ытти чылай кĕнекесем пур.

## Пĕлтерни

Мартăн 14-мĕшĕнче, каçхине 7 сехетре, КПСС Шупашкар хула комитечĕн библиотекинче (Урицкий урамĕ) экономика, агротехника, зоотехника тата ялхуçалăх механизаци ыйтăвĕсене вĕренекенсем валли «Агротехника никĕсĕсем тата пусă çаврăнăшĕсене йĕркелесе пырас практика» тема тăрăх лекци пулать.

Лекторĕ—ялхуçалăх наукисен кандидачĕ Т. А. Кружилин юлташ.

**КПСС ХУЛА КОМИТЕЧĔ.**

Редактор **М. Н. ЯКИМОВ.**



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-87, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—3-04, литературăпа искусство пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00675 Типографи №1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 946. Тираж 37.000 экз.